ПӖТЕМ ТӖНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПӖРЛЕШӖР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВӖ

СОВЕТ СОЮЗӖНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙӖН ЧӐВАШ ОБКОМӖПЕ ШУПАШКАР ХУЛА КОМИТЕЧӖН ТАТА ЧӐВАШ АССР ВЕРХОВНӐЙ СОВЕЧӖПЕ ШУПАШКАР ХУЛА СОВЕЧӖН ХАҪАЧӖ

167 (9846) № | 1956 ҫулхи августӑн 17-мӗшӗ, эрнекун | Хакӗ 20 пус. 39-мӗш ҫул тухать.

## Культура учрежденийӗсене хӗле хатӗрлер

— Пирӗн колхоз ӗҫченӗсем пушӑ вӑхӑтра клубра ирттересшӗн. Анчах та колхоз руководителӗсем ҫакна шута илмеҫҫӗ. Клуб тума тытӑнни сичӗ ҫул ҫитет ӗнтӗ. Пурине 1949 ҫулта пуралаСа лартнӑ. Ун хыҫҫӑн виҫӗ ҫултан клуб ҫуртне тума тытӑннӑччӗ, анчах виҫӗ пӗрене хывнӑ те ӗҫ чарӑнса ларчӗ. Халӗ ӗнтӗ пӗренесем ахалех ҫӗрсе выртаҫҫӗ. Ҫичӗ ҫул хушшинче колхозра пилӗк председатель улшӑнчӗ, пӗри те клуб туса пама «ал ҫитеймерӗ»,—теҫҫӗ Сӗнтӗрвӑрри районӗнчи Хрущев ячӗпе тӑракан колхоз членӗсем пирӗн редакцие янӑ ҫырура.

Ҫакӑн пек кӳренмелли тӗслӗхсем нумаях мар. Ҫапах та вӗсене кашни районтах курма пулать-ха. Пытарма кирлӗ мар: пирӗн колхоз руководителӗсем хуҫалӑхра кирлӗ ҫурт-йӗрсене, пӗтӗмӗшпе илсен, начар мар туса пыраҫҫӗ, анчах культура учрежденийӗсен ҫуртӗсене тӑвас тӗлӗшпе вара чылай чухне хӑйсен ҫаврӑнӑҫулӑхӗпе пуҫарулӑхне кӑтартаймаҫҫӗ. Мӗнрен килет-ха вӑл? «Малтан выльӑхсене ӑшӑ витене хупмалла, унтан клуб тӑвӑпӑр» тесе шутлаҫҫӗ хӑшпӗрисем. «Вӑй та, ерҫӳ те ҫитсех каймасть»,—теҫҫӗ теприсем. Вӗсем те, кусем те тӗрӗс шутламаҫҫӗ. Культура учрежденийӗсем тӑвассине иккӗмӗш вырӑна хуни хуҫалӑх ӗҫӗсене ӑнӑҫлӑн пурнӑҫлассинче пысӑк чӑрмав кӳме пултарать. Коллективлӑ хуҫалӑхӑн пуян ресурсӗсемпе пӗлсе усӑ курсан, колхозсен пурин те клубсемпе вулав ҫурчӗсем тума вӑй та, вӑхӑт та тупӑнма пултарать. Колхозсенче клубсем, вулав ҫурчӗсем, библиотекӑсем тӑвасси питӗ япӑх пулса пыни ку ӗҫе тивӗҫлипе хакламаннинчен кӑна килет.

Халӑх хушшинчи культурӑлла-массӑлла ӗҫе хисеплӗнӗ ҫӗрте клубшӑн, вулав ҫурчӗшӗн, библиотекӑшӑн яланах тимлӗн тӑрӑшаҫҫӗ. Акӑ, Йӗпреҫ районӗнчи Ворошилово ял Советӗнче кӑҫал ҫӗнӗ вулав ҫурчӗ туса лартрӗҫ. Пученке ял Советӗнче халӗ ҫӗнӗ клуб тӑваҫҫӗ. Ворошилово, Кирово ял Совечӗсемпе Йӗпреҫ поселок Совечӗ культура учрежденийӗсене хӗле хатӗрлес тӗлӗшпе куллен тӑрӑшаҫҫӗ. Кирово ял Советӗнче ялти клуб, библиотека тата колхоз клубӗпе хӗрлӗ кӗтессем пур. Культура учрежденийӗсен ҫурчӗсене пурне те вӑхӑтра юсанӑ, вӗсем валли вутӑ ҫителӗклӗ хатӗрлесе хунӑ.

Анчах ку районта та ял Совечӗсемпе колхоз правленийӗсем пурте ҫавӑн пек ӗҫлеҫҫӗ теме ҫук-ха. Чылай ҫӗрте клубсем тӑвас, культура учрежденийӗсене хӗле хатӗрлес ӗҫсем ҫинчен манса кайнӑ. Чӑваш Тимешри клуб ҫуртне халех тӗпрен юсамалла. Ку ӗҫе тума мӗн кирли пурте пур: ӗҫ вӑйӗ те, йывӑҫ та, укҫа-тенкӗ те ҫителӗклӗ. Ӗҫе пикенсе тытӑнни кӑна ҫитмест. Ҫавна пулах ӗнтӗ Вырӑс Тимешӗнчи клуба пӑсӑса юсасси питӗ вӑраха тӑсӑлса пырать.

Йӗпреҫ районӗнчи чылай ялсенче ӗҫҫыннисене кино кӑтартма май ҫук. Район Совечӗн исполкомӗ ял Совечӗсемпе колхоз правленийӗсене иккӗмӗш квартал хушшинче клубсенче кинобудкӑсем туса ҫитерме хушса хӑварнӑ. Питӗ паха, кирлӗ решени ку. Анчах та Мичурин ячӗпе, Димитров ячӗпе тӑракан тата ытти хӑшпӗр колхоз правленийӗсем паянхи куна ҫитсе нимӗн те туман. Районти культура учрежденийӗсене хӗллехи вӑхӑтра хутса ӑшӑтма пӗтӗмпе 572 кубометр вутӑ кирлӗ. Августӑн 10-мӗшӗ тӗлне пӗтӗмпе те 254 кубометр ҫеҫ хатӗрленӗ. Тури Кӗлӗшкасси, Энесри колхоз руководителӗсем клубсемпе библиотекӑсем валли пӗр пуленке те вутӑ турттарса паман.

Етӗрне районӗнче те культура учрежденийӗсене хӗле начар хатӗрлеҫҫӗ. Районта 22 клубпа вулав ҫурчӗ. Вӗсенчен 9-мӗшӗ кӑна хӑйсен ҫуртӗнче ӗҫлеҫҫӗ, 8-мӗш вара уйрӑм колхозниксен ҫурчӗсенче, 5-мӗш колхоз правленийӗсемпе ял Совет канцелярийӗсен пӗчӗк пӳлӗмӗсенче вырнаҫнӑ. Клубсемпе вулав ҫурчӗсенчен нумайӑшне радиофикацилемен.

Автанҫырми ялӗнче колхоз правленийӗ пулнӑ пысӑк ҫурт пур. Халӗ вӑл ахалех юхӑнса ларать. Ҫуркунне кунта ҫӗрулми яровизацилеҫҫӗ, хӗлле хурт вӗллисем усраҫҫӗ. Ҫак ҫуртра темиҫе ҫул каялла хӗрлӗ кӗтес пулнӑ. Юлашки вӑхӑтра культура работникне ӗҫшӗн тӳлемен пирки хӗрлӗ кӗтес ӗҫӗ сӳнсе ларнӑ.

Калас пулать, парти райкомӗ, райсовет исполкомӗпе унӑн культура пайӗ клубсемпе вулав ҫурчӗсене хӗле хатӗрлес ӗҫ кашни ял Советӗнче, кашни колхозра ӑнӑҫлӑ пулса пытӑр тесе тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑнмаҫҫӗ, ку ӗҫе куллен, конкретлӑ та оперативлӑ ертсе пымаҫҫӗ.

Халӗ культура учрежденийӗсене хӗле хатӗрлемелли чи лайӑх вӑхӑт. Строительство тата юсав ӗҫӗсене, вутӑ хатӗрлессине, культура учрежденийӗсене инвентарьпе, музыка инструменчӗсемпе пуянлатас ӗҫсене вӑраха ямасӑр пурнӑҫламалла. Кашни клуба, вулав ҫуртне, библиотекӑна хӗл вӑхӑтӗнче йӗркеллӗ ӗҫлеме лайӑх хатӗрлесе ҫитермелле: унта кирек хӑш вӑхӑтра та культурӑлла-массӑлла ӗҫе, тӗрлӗ кружоксен ӗҫне, ял ҫыннисен канӑвне лайӑх йӗркелеме — спектакльсемпе кино кӑтартма пултарччӑр. Колхозниксемпе колхозницӑсем хӑйсене интереслентерекен, кирлӗ кӗнекесене илсе вулама пултарччӑр тесен, библиотекӑсене ҫӗнӗ кӗнекесемпе пуянлатмалла, хаҫат-журналсем ытларах ҫырӑнса илмелле. Чылай чухне ял Совечӗсем ҫакӑн ҫинчен манса каяҫҫӗ, вӗсем вырӑнти бюджетпа пӑхнӑ укҫа-тенкӗпе усӑ курмаҫҫӗ. Колхоз правленийӗсем те культура фондӗн укҫи-тенкине час-часах тӗрӗс мар расходлаҫҫӗ, кирлӗ ҫӗре ямаҫҫӗ. Ҫакнашкал ҫитменлӗхсем текех пулмалла мар. Ял ӗҫченӗсен ыйтӑвӗсене туллин тивӗҫтерме тӑрӑшмалла. Культура ыйтӑвӗсене тивӗҫтерессишӗн тӑрӑшни ӗҫҫыннисен пурнӑҫна йӑла условийӗсене лайӑхлатассишӗн кӗрешни пулать.

Пӗчӗк колхозсене пӗрлештернӗ хыҫҫӑн чылай ҫӗрте клубсене колхоз правленийӗ вырнаҫнӑ ялсене куҫарнӑ, ҫавна май халӗ хӑшпӗр ялсем культура учрежденийӗсемсӗр тӑрса юлнӑ. Культурӑлла-массӑлла ӗҫе кашни ялтах, кашни бригадӑрах, фермӑра ӗҫлекенсем пурӑнакан кашни общежитирех йӗркелени кирлӗ. Ҫавӑнпа та культура учрежденийӗсем ҫук ялсенче хӗрлӗ кӗтессем уҫмалла. Кашни ялтах культура учрежденийӗ пултӑр,—ҫакӑншӑн кӗрешмелле те ӗнтӗ пирӗн ял Совечӗсемпе колхоз правленийӗсен, парти тата комсомол организацийӗсен. Ҫӗнӗрен туса лартнӑ е уҫнӑ клубра, вулав ҫурчӗпе библиотекӑра тата хӗрлӗ кӗтесре ӗҫлеме пуҫарулӑ ҫынсене уйӑрса лартмалла. Ӗҫӗн ӑнӑҫлӑхне кадрсем татса паннине пӗр самантлӑха та манма юрамасть.

Юлашки вӑхӑтра вырӑнти Советсем хӑйсен сессийӗсенче культурӑпа ҫутӗҫ учрежденийӗсен ӗҫӗсене лайӑхлатасси ҫинчен сӳтсе явса, паха решенисем йышӑнчӗҫ. Халӗ ӗнтӗ ҫав решенисене пурнӑҫа мӗнле кӗртсе пынине куллен тӗрӗслесе тӑмалла.

Партин XX съезчӗ культура учрежденийӗсен ӗҫне лайӑхлатма, вӗсен материальнӑй никӗсне ҫирӗплетме хушса хӑварчӗ. Ҫакна чыслӑн пурнӑҫласси партипе совет тата комсомол организацийӗсен ответлӑ задачисенчен пӗри пулса тӑрать. Пирӗн ялсенчи культура учрежденийӗсем хӑйсен мухтавлӑ та пархатарлӑ тивӗҫне ӑнӑҫлӑн пурнӑҫласа пыма пултарччӑр тесен, вӗсене пурне те хӗле лайӑх хатӗрлесе ҫитермелле.

## Тырпул пухса кӗртес, государствӑна тырӑ парас ӗҫре социализмла ӑмӑртӑва вӑйлатса пырар!

☆

### Закуп шучӗпе

ВӐРНАР. Ҫӗрпелӗнчи Ленин ячӗпе тӑракан колхоз членӗсем кӑҫал ӑнса пулнӑ тырпула кӗске срокра тата пӗр тӑккаламасӑр пухса кӗртессишӗн тӑрӑшса ӗҫлеҫҫӗ. Уй-хир бригадисем хушшинчи социализмла ӑмӑртура Н. Иванов коммунист ертсе пыракан бригада малта пырать. Хӑй вӑкса ӳстернӗ тырпула пухса кӗртнӗ хыҫҫӑн вӑл ытти бригадӑсене те тырпул пухса кӗртме пулӑшрӗ. Халӗ артельти колхозниксем хӗрсех авӑн ҫапаҫҫӗ.

Колхоз государствӑна тырӑ памалли плана срокчен тултарчӗ. Обязательнӑй йӗркепе 856 центнер, натуроплата шучӗпе 1.544 центнер тырӑ панӑ. Халӗ государствӑна закуп шучӗпе тырӑ сутма пуҫланӑ, пурӗ 350 центнер тырӑ сутаҫҫӗ.

Государствӑна тырӑ памалли плана тултарнӑ хыҫҫӑн колхозниксене аванс шучӗпе тырӑ валеҫсе пама хатӗрленеҫҫӗ. Аванс шучӗпе кашни ӗҫкунӗ пуҫне 1,5-шер килограмм тырӑ валеҫсе пама палӑртнӑ.

**В. МАКСИМОВ.**

### Тырӑ парас ӗҫ юлса пырать

МУРКАШ. Хрущев ячӗпе тӑракан колхоз государствӑна тырӑ парас ӗҫре юлса пырать. Августӑн 10-мӗшӗ тӗлне тырӑ хатӗрлемелли плана мӗн пурӗ те 17,5 процент ҫеҫ тултарнӑ. Ыраш вырса пӗтернӗренпе вӑхӑт чылай иртнӗ пулин те, колхоз авӑн ҫапма тытӑнман. Комбайнпа ҫапнӑ тырра кӑна хатӗрлев пунктне леҫнӗ. Ӑна та ҫийӗнчех сортласа тасатман, ҫавӑнпа вӑл нӳрелнӗ. Халӗ ӑна государствӑна париччен типӗтме тивет. Колхозра ятарласа тунӑ сушилка ҫук. Ҫакӑ та ӗҫре хытӑ чӑрмантарать. Тырра ӑҫта кирлӗ унта типӗтеҫҫӗ. Государствӑна панисӗр пуҫне колхозӑн акма та вӑрлӑх чылай хатӗрлемелле. Анчах правлени авӑн ҫапас ӗҫе вӑраха ярса пырать, ку енӗпе бригадирсене ҫирӗп заданисем паман. 1-мӗш уй-хир бригадин итемӗ ҫинче ҫулса пуҫтарса кӗртнӗ пӑрҫа ҫапмасӑрах юхӑнса выртать. Вӑл ҫумӑр айӗнче пӑсӑлма тытӑннӑ.

Колхозра кӗлте кӳрсе капана хывас ӗҫе те начар пурнӑҫлаҫҫӗ. Артель правленийӗпе бригадирсем ҫак ӗҫри ҫитменлӗхсене асӑрхамаҫҫӗ, ӗҫ пахалӑхӗшӗн тӑрӑшмаҫҫӗ. 3-мӗш уй-хир бригадинче капансем тума ятарласа ҫынсем уйӑрман. Капансене кӗлте кӳрекенсем хӑйсемех хываҫҫӗ. Ҫитменнине тата капана пӗри те йӗркеллӗ тумасть. Ҫумӑр-мӗн пулсан, капансене тӳрех шыв кайма пултарать.

Колхозри парторганизаци (секретарӗ И. Анисимов юлташ) тырпул пухса кӗртес тата государствӑна тырӑ парас ӗҫсемпе сахал интересленет, ҫитменлӗхсемпе килӗшсе пурӑнать. Колхозниксем хушшинче социализмла ӑмӑртӑва кирлӗ пек сарман, массӑлла-политикӑлла ӗҫе япӑх йӗркеленӗ. Парторганизаци секретарӗ агитаторсем мӗнле ӗҫлени ҫинчен пӗлмест. Тырӑ вырма тухнӑранпа колхозра стена хаҫачӗпе боевой листокӗн пӗр номер те тухман. Кӑтарту хӑмисем те ҫук. Парторганизаци тырпул пухса кӗртнӗ вӑхӑтра ирттермелли массӑлла-политикӑлла ӗҫсен планне хатӗрлемен.

Хрущев ячӗпе тӑракан колхозӑн государствӑна тырӑ парас ӗҫре юлса пыма нимӗнле сӑлтав та ҫук. Ҫак ҫитменлӗхе кӗске вӑхӑтрах пӗтерӗс тесен, парторганизаци енчен контроль правлени туллин усӑ курни, массӑлла-политикӑлла тата организаторла ӗҫе татӑклӑн вӑйлатни кирлӗ. КПСС Муркаш райкомӗн те Хрущев ячӗпе тӑракан колхозри парторганизацие ӗҫре ытларах пулӑшмалла.

**П. ПАВЛОВ.**
**(Хамӑр корр.).**

**РЕСПУБЛИКӐРИ РАЙОНСЕМ ГОСУДАРСТВӐНА ТЫРӐ ПАМАЛЛИ ПЛАНА МӖН ЧУХЛӖ ТУЛТАРНИНЕ КӐТАРТАКАН**

**СВОДКА**

(Августӑн 15-мӗшӗ тӗлне, процентпа)

| | |
|---|---|
| Етӗрне | 81 |
| Куславкино | 78 |
| Шупашкар | 78 |
| Советски | 73 |
| Канаш | 72 |
| Муркаш | 72 |
| Улатӑр | 71 |
| Вӑрнар | 71 |
| Красноармейски | 70 |
| Шӑхасан | 70 |
| Ҫӗмӗрле | 67 |
| Пӑрачкав | 60 |
| Калинино | 59 |
| Куславкка | 58 |
| Хӗрлӗ Чутай | 58 |
| Елчӗк | 56 |
| Чурачӑк | 55 |
| Сӗнтӗр | 53 |
| Йӗпреҫ | 52 |
| Сӗнтӗрвӑрри | 50 |
| Комсомольски | 49 |
| Ишлей | 44 |
| Вӑрмар | 44 |
| Тӑвай | 42 |
| Чкаловски | 40 |
| Первомайски | 39 |
| Элӗк | 36 |
| Октябрьски | 32 |
| Сӗрпӳ | 32 |
| Шӑмӑршӑ | 29 |

☆ ☆

### Ӗҫ хӑй тӗллӗн пулса пырасса шансан

СӖРПӲ. Кӑнтӑрлахи апат вӑхӑтӗнче «Правда» колхоз правленийӗ умне ҫынсем йышлӑн пухӑнчӗҫ. Колхоз председателӗ Алексеев, МТС директорӗ Шорников юлташсем тата ыттисем те ку артельте тырпул пухса кӗртес ӗҫ мӗнле пыни ҫинчен сӳтсе яваҫҫӗ. Хутран-ситрен ҫынсем хумханса хыттӑн калаҫни илтӗнет. Тырпул пухса кӗртес, государствӑна тырӑ парас енӗпе Сӗрпӳ районӗ республикӑра кая тӑрса юлчӗ. «Правда» колхозра ӗҫсем пушшех те начар пыраҫҫӗ.

Тырӑ вырма тухнӑранпа виҫӗ эрне иртнӗ, анчах ку колхозра халӗ те ыраш вырса пӗтермен. 200 гектар ҫинче тулӑпа сӗлӗ тата урпа тӑкӑнма пуҫланӑ. Виҫӗ эрне хушшинче колхоз государствӑна пӗр килограмм та тырӑ парайман. Хӗрсех ыраш акмалла, анчах вӑрлӑх ҫук. Мӗншӗн, кам айӑплӗ?

— Пирӗн колхоза МТС питӗ начар пулӑшать, хамӑрӑн ӗҫ вӑйӗ ҫитмест,—тесе ӗнентерме тӑрӑшать колхоз председателӗ Алексеев юлташ.

МТС дирекцийӗн айӑпне сирсе янӑпӑр, ку районти колхозсенче техникӑпа начар усӑ курни ҫинчен хытах калама тивет. Анчах «Правда» колхозра тырпула пухса кӗртес ӗҫ чӑтма ҫук кая юлнин тӗп сӑлтавӗ урӑххинче.

Колхозра пирвай туса хатӗрленӗ ӗҫ планӗ тӑрӑх ыраша 12 кун хушшинче вырса пухма йышӑннӑ. Анчах правленипе пуҫламӑш парторганизаци (секретарӗ Егорова юлташ) чи кирлине маннӑ: мӗнпур вӑя мобилизацилемесен, кашни ҫын ӗҫ нормине тултарса пымасан, кирек мӗнле план та хут ҫинче тӑрса юлать. Ку колхозра ҫапла пулнӑ та. Ӗҫ планӗ туса хатӗрленӗ те, вӑл хӑй тӗллӗн пурнӑҫа кӗрессе ҫине ытларах шаннӑ. 300 ытла вӑйпитти ҫын шутланакан колхозра 270 гектар ҫинчи ыраша 22 кун хушшинче вырса пӗтереймеҫҫӗ. Ир ӗлкӗрекен пӑрҫан пӗр пайне Ҫӗрпӳри пир-авӑр фабрикинчи рабочисемпе служащисем пулӑшнипе ҫеҫ пухса хунӑ.

Мӗнпур ӗҫсене МТС туса парасси ҫине шанса, колхоз правленийӗ тырпул пухса кӗртме питӗ начар хатӗрленнӗ. Вырса пухнӑ тӗштырӑсен пӗр пайне колхоз хӑйӗн вӑйӗпе ҫапма пултарнӑ ӗнтӗ. Анчах лашапа ӗҫлемелли молотилкӑсене хатӗрлесе хурасси ҫинчен пӗри те шухӑшласа пӑхман.

— Молотилка ҫинчен пуплетӗр-ха эсир,—терӗ Яшкина бригадир, — лаша кӳлмелли хатӗрсене те нисӑта юсама ҫук, вунӑ лаша валли ҫичӗ урапа ҫеҫ.

Ыранхине курмасӑр, государство умӗнчи ответлӑха туймасӑр пурӑнаҫҫӗ «Правда» колхозри руководительсем. Правлени председателӗ Алексеев юлташ мӗнпур айӑпа ҫынсем ҫине йӑвантарма пӑхать, анчах бригадӑсенче кулленхи ӗҫ мӗнле пынине, вӗсен ыйтӑвӗсемпе нушисене пӗлсе тӑма тӑрӑшмасть. Колхозра ӗҫ дисциплинине пӑсакан, обществӑлла интереса нимӗн вырӑнне хуман уйрӑм ҫынсем пулкалаҫҫӗ. Анчах правлени вӗсене ҫийӗнчех ответ тыттармасть, нумай чухне кунта ӳпкелешсе калаҫнипех ирттерсе яраҫҫӗ.

«Правда» колхозра ӗҫсем мӗнле пынине тӗрӗслеме МТС директорӗ Шорников тата партбюро секретарӗ Петров юлташсем хӑйсем пынӑ. Ку тапхӑрта вӗсем колхозсенче кулленех пулма тӑрӑшаҫҫӗ, анчах результачӗ нитех курӑнмасть. Трактор бригадисенче ӗҫ дисциплинине пӑхӑнманни ҫаплипех пӗтмест, хӑшпӗр трактористсемпе машиноведсем хӑйсене ӑҫта кӑмӑла килет, ҫавӑнта каяҫҫӗ.

«Правда» тата «Авангард» колхозсенче Степанов юлташ ертсе пыракан трактор бригади ӗҫлет. Ку бригадӑри механизаторсем «Авангард» колхозра молотилкӑпа авӑн ҫапса панӑ та, «Правда» колхоза куҫса кайма тухнӑ. Ҫула май вӗсем Жданов ячӗпе тӑракан колхоза кӗрекен Резинкино ялӗнче чарӑннӑ. Ку ялти уй-хир бригадирӗпе трактористсем хушшинче мӗнле калаҫу пулса иртни паллӑ мар, анчах трактористпа машиновед хӑйсене кӑтартса панӑ маршрут ҫине алӑ сулса, Резинкинӑрах авӑн ҫапма юлнӑ. Ҫакӑн ҫинчен МТС дирекцийӗ темиҫе кун хушши пӗлмесӗр тӑнӑ. Жданов ячӗпе тӑракан колхоза урӑх молотилка кирлех те мар, мӗншӗн тесен кунта ӗҫлекен трактор бригадин юсавлӑ молотилка пур, вӑл колхозӑн мӗнпур тыррине ҫапса пама ӗлкӗрет. «Авангард» колхозран «Правда» колхоза кайма тухса ҫул ҫинче «ҫухалнӑ» тракторпа молотилкӑна 3—4 кун иртсен ҫеҫ шыраса тупнӑ. Дисциплинӑна пӑхӑнман механизаторсем ҫавнашкал хӑтланса ҫӳрени колхозсенче авӑн ҫапса государствӑна тырӑ памалли графика ҫеҫ пӑтраштарса ярать, уйрӑм колхозсене пысӑк йывӑрлӑха кӗртсе тӑратать. Ҫавнашкал тӗслӗхсене пӗтерме МТС дирекцийӗпе партбюрон татӑклӑ мерӑсем йышӑнмалла.

Тырпула пухса кӗртес ӗҫе вӑраха тӑсакансем Ҫӗрпӳ районӗнче пӗртен-пӗр «Правда» колхоз ҫеҫ мар. Чи пысӑк сӑлтавӗсенчен пӗри вӑл—МТС-па колхозсем хушшинче ӗҫлӗ ҫыхӑну пулманни. Ҫавӑн пирки чылай колхозсенче комбайнсемпе, молотилкӑсемпе тата ытти машинӑсемпе туллин усӑ курмаҫҫӗ.

Ыраш ӑвӑс пек хытса ҫитнӗ кунсенче МТС дирекцийӗ «Родина» колхоза комбайн янӑ. Комбайнер темиҫе кун хушши тертленнӗ, анчах чӗрӗ хӑмӑллӑ ыраша вырма пултарайман. Колхоз председателӗ Порфирьев юлташ комбайна ӗҫлеме чарнӑ та, ӑна кӳршӗ колхоза янӑ. Хытса ҫитеймен ыраша пирвай лафетлӑ жаткӑпа вырса пӑрахасси, унтан комбайнпа пухса ҫапасси ҫинчен пӗри те шутламан. «Родина» колхозра ыраша алӑпах вырса пӗтернӗ, анчах авӑн ҫапма молотилка ҫук, ҫавӑн пирки колхоз государствӑна тырӑ параймасть тата ыраш акма пултараймасть.

3—4 кун каярах МТС «Родина» колхоза молотилка ярса панӑ, вӑл та пулин юсавсӑр пулнӑ. Машинӑна юсаса ӗҫе янӑ, анчах тепӗр иккӗк тухса тӑнӑ, тракторӑн динамо ҫук пирки ҫӗрле авӑн ҫапаймаҫҫӗ. Халӗ талӑкӗпе авӑн ҫапмалли кунсенче МТС дирекцийӗпе колхоз правленийӗ хушшинче тавлашу пырать. Тавлашаҫҫӗ, айӑплисене шыраҫҫӗ, анчах усси ҫук. Ҫавна пула августӑн 13-мӗшӗпе 14-мӗшӗнче талӑкра 5-шер тонна ҫеҫ ыраш ҫапнӑ.

Ҫӗрпӳ районӗнчи колхозниксемпе механизаторсем кӑҫалхи ҫул пысӑк тухӑҫлӑ тырпул туса илме, выльӑх апачӗн ҫирӗп никӗсне тума, государство умӗнчи обязательствӑсене срокчен пурнӑҫлама сӑмах панӑ. Вӗсене ӑнӑҫлӑн пурнӑҫа кӗртессине халӗхи вӑхӑтра кашни колхозра тата МТС-ра мӗнпур вӑйсене ӗҫе яни, социализмла ӑмӑртӑва анлӑн сарса пыни татса парать.

Ҫӗрпӳ районӗн тырпул пухса кӗртес енӗпе юлса пыма нимӗнле сӑлтав та ҫук. Уй-хирти ӗҫсене ертсе пырассинче татӑклӑ улшӑну тумасан, халӗхи ҫитменлӗхсене хӑвӑртрах пӗтермесен, колхозсем каярахпа тата пысӑкрах йывӑрлӑхсем умне тухса тӑма пултарӗҫ.

**Н. ВОЛКОВ.**
**(Хамӑр корр.).**

Шӑхасан районӗнчи Ленин ячӗпе тӑракан колхоз кирпӗчрен ҫаврака ӗне витри тӑвать. Вите варринче 350 тонна силос вырнаҫмалӑх башня пулать. Витере ҫавӑн пекех автопоилка, кормокухня вырнаҫтарса лартаҫҫӗ, унта водопровод кӗртеҫҫӗ.

Ӳкерчӗк ҫинче: вите тунӑ ҫӗрте.

А. Припалов фотоӳкерчӗкӗ.

## Студентсене стипенди памалли ҫӗнӗ йӗрке

ТАСС корреспонденчӗне СССР Аслӑ шкулсен министерствинче пӗлтернӗ тӑрӑх, аслӑ шкулсемпе специальнӑй вӑтам шкулсенче вӗренекен студентсене стипенди памалли ҫӗнӗ йӗрке ҫинчен решени йышӑннӑ.

Халиччен стипенди экзамен сессийӗсен результачӗсем тӑрӑх кӑна памалла тунӑ. Вӗсене «лайӑх» тата «отлично» паллӑсемпе экзамен тытнӑ студентсем кӑна илсе тӑнӑ. Ҫӗнӗ йӗрке тӑрӑх та студент вӗренӳре мӗнле ӗлкӗрсе пыни тӗп вырӑн йышӑнать. Хӑшпӗр чухне «ҫителӗклӗ пӗлет» текен паллӑ илнӗ студентсем те, вӗсене государство пулӑшӑвӗ кирлӗ пулсан, стипенди илме пултараҫҫӗ.

Стипенди памалла тӑвас ыйтӑва кашниех аслӑ шкул е техникум директорӗ, обществӑлла организацисемпе пӗрле канашласа, татса парать.

Аслӑ шкулсемпе техникумсен директорӗсен дисциплинӑна пӑсакан студентсене стипендисӗр хӑварма право пур.

Заочно вӗренекен, шкулсен касхи уйрӑмӗсемпе факультечӗсенче вӗренекен студентсем валли те, вӗсем дипломлӑ проектсене ҫырнӑ тата вӗсене хӳтӗленӗ е государство экзаменӗсем панӑ вӑхӑтра, ҫак ҫӗнӗ йӗрке пулать.

Ҫӗнӗ йӗркепе стипенди ҫак вӑхӑтсенче пама тытӑнаҫҫӗ: пӗрремӗш курсра вӗренекен студентсене—1956 ҫулхи сентябрӗн 1-мӗшӗнчен пуҫласа, ытти курссенче вӗренекеннисене—иккӗмӗш семестртан пуҫласа. (ТАСС).

## Вӑтам шкулсем валли ҫӗнӗ вӗренӳ программи

РСФСР Ҫутӗҫ министерствин решенийӗ тӑрӑх сентябрӗн 1-мӗшӗнчен пуҫласа республикӑри 500 вӑтам шкулта опытлӑ ҫӗнӗ вӗренӳ планӗ пулать. Вӑл КПСС XX съезчӗ вӗренӗве политехнизацилес тӗлӗшпе кӑларса тӑратнӑ задачӑсене пурнӑҫлама пулӑшать. Ҫак план тӑрӑх III—IV-мӗш классенче алӑпа тӑвакан ӗҫ урокӗсем ирттермелли, вӗренӳ мастерскойӗсемпе опытлӑ участоксенче практикӑлла занятисем ирттермелли сехетсен хисепӗ чылай ӳсет. Ҫакна май истори, географи, физика тата ытти предметсем вӗренмелли сехетсен хисепӗ кӑштах чакать.

Ҫиччӗмӗш классенчен вӗренсе тухакансем материалтан (йывӑҫпа металран) тӗрлӗ япаласем тӑвас ӗҫ технологине самаях чухлакан, инструментсем тыткалама, токарнӑй станоксемпе тата ытти станоксемпе ӗҫлеме пӗлекен ҫамрӑксем пулаҫҫӗ.

VIII—X-мӗш классенчи вӗренӳ программине те чылай улӑштараҫҫӗ. Аслӑ классенче вӗренекенсем валли «производство никӗсӗсем» ятлӑ ҫӗнӗ курс пулать. Хулари шкулсенче ӑна вӗренес ӗҫе промышленность ыйтӑвӗсемпе, ялти шкулсенче вара ялхуҫалӑх ыйтӑвӗсемпе ҫыхӑнтараҫҫӗ. Хуласенчи вуннӑмӗш классенчен вӗренсе тухакан ҫамрӑксем машиностроени тата электротехника енӗпе теорилле пӗлӳсемпе практикӑлла хӑнӑхусем илеҫҫӗ, кучӳхнехи производствӑна мӗнле организацилеччине чухлакан ҫынсем пулаҫҫӗ. Вӗсене автомобиле мӗнле тунипе паллаштараҫҫӗ, автомобиль ҫӳретме вӗрентеҫҫӗ, мӗнле те пулин предприятин производство процесӗпе паллаштараҫҫӗ.

Шкулсенчи мастерскойсенче вӗреннисӗр пуҫне, ачасем фабрикӑсемпе заводсен цехӗсенче, лабораторийӗсенче пулаҫҫӗ. Ҫапла вӗренсе илекен пӗлӳ вӗсене шкултан вӗренсе тухнӑ хыҫҫӑнах предприятисенче ӗҫлеме тытӑнма май парать.

Ялти шкулсем валли хатӗрленӗ программӑсем тӑрӑх вӗренсе тухакан ҫамрӑксем ӳсентӑран акса тӑвас, выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫ ыйтӑвӗсене ӑнланакан, ялхуҫалӑх машинисене мӗнле тунине пӗлекен вӗсемпе усӑ курма пултаракан ҫынсем пулаҫҫӗ. Вӗсем хӑйсен кӑмӑлне кура ялхуҫалӑхӗнче ӗҫлеме пуҫлама пӗлӳсем ҫителӗклӗ илеҫҫӗ. Ку енӗпе вӗсене колхозсенче, совхозсенче тата МТС-сенче ҫулсерене практикӑра пулни те нумай пулӑшать.

Ҫӗнӗ вӗренӳ планӗнче физически воспитани парас тӗлӗшпе ирттерекен занятисем валли уйӑрнӑ сехетсен хисепӗ те ӳсет. (ТАСС).

## Колхозсенче выльӑх апачӗ хатӗрлеҫҫӗ

Ҫӗршыври колхозсенче силос хываҫҫӗ. СССР Ялхуҫалӑх министерствинче ТАСС корреспонденчӗне ҫапла пӗлтернӗ: августӑн 10-мӗшӗ тӗлне колхозсем иртнӗ ҫулхи ҫак вӑхӑтринчен 5,4 миллион тонна нумайрах силос хывнӑ.

Пур ҫӗрте те кукурузӑна силос тума пухса кӗртме тытӑннӑ. Ҫак культура кӑҫал иртнӗ ҫулхинчен чылай пысӑкрах ҫӗр лаптӑкӗ йышӑнса тӑрать. Ку тарӑхчен колхозсем иртнӗ ҫулхи ҫак вӑхӑтринчен 3 миллион тонна нумайрах кукуруза силосӗ хывнӑ.

Россия Федерацийӗнчи, Украинӑри, Молдавири тата ытти республикӑсенчи нумай облаҫсенчи ялхуҫалӑх артелӗсем кашни ӗне валли 8—10 тонна силос хатӗрлеме палӑртнӑ. (ТАСС).

## Шахтӑсем тӑвакансен Красный Луч хулинчи канашлӑвӗ

КРАСНЫЙ ЛУЧ (Ворошиловград облаҫӗ), августӑн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Паян кунта, ҫӗнӗрен тӑвакан «Ново-Павловская» шахтӑра, шахтӑсем тӑвакансен—проходчиксен, арматурщиксен, бетонщиксен, механизаторсен, строительство участокӗсемпе трестсен руководителӗсен, парти работникӗсен канашлӑвӗ пулса иртнӗ. Канашлура ҫӗнӗрен тӑвакан ҫӗр кӑмрӑк шахтисемпе горняксем валли лартакан пурӑнмалли ҫуртсене хӑвӑртрах ӗҫе ярас, строительство хакне йӳнетес тата унӑн пахалӑхне лайӑхлатас тӗлӗшпе пурнӑҫламалли задачӑсене сӳтсе явнӑ.

Канашлӑва хутшӑннисем строительство ӗҫӗн хӑвӑртлӑхне чарса тӑракан ҫитменлӗхсене палӑртнӑ, предприятисемпе пурӑнмалли ҫуртсем тумалли срoксене кӗскетме пулӑшакан сӗнӳсем панӑ. Малта пыракан рабочисем шахта строительствинче сборнӑй тимӗрбетонпа усӑ курни ҫинчен, сӑрт-ту ӗҫӗсене хӑвӑрт тӑвас тӗлӗшпе пухнӑ опыт ҫинчен каласа панӑ. Канашлура проходчиксен бригадирӗ В. А. Шароватов, платниксен бригадирӗ Н. В. Осипов, сӑрт-ту ӗҫӗн участок начальникӗ В. А. Несвяченный, строительство участокӗн начальникӗ Н. А. Дмитриев, «Краснолучшахтострой» трест управляющийӗ В. Е. Пономаренко, парти Красный Луч хула комитечӗн секретарӗ А. П. Лысенко тата ыттисем тухса каланӑ.

Канашлу ӗҫне КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пӗрремӗш секретарӗ Н. С. Хрущев юлташ, Украинӑри Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн Пӗрремӗш секретарӗ А. И. Кириченко юлташ, СССР Ҫӗр кӑмрӑк промышленность предприятийӗсем тӑвакан строительство министрӗ Л. Г. Мельников, СССР Ҫӗр кӑмрӑк промышленность министрӗ А. Н. Задемидко, Украинӑри Коммунистсен партийӗн Ворошиловград обкомӗн секретарӗ В. Б. Клименко юлташ хутшӑннӑ.

## Ыраш акаҫҫӗ

ИШЛЕЙ. Молотов ячӗпе тӑракан колхоз кӑҫал кӗрхи тырӑсем акма иртнӗ ҫулхинчен чылай маларах тытӑнчӗ. Ҫитес ҫулхи тухӑҫлӑ тырпулшӑн кӗрешсе, колхозниксем ыраша кӗске вӑхӑтра акса пӗтерме пулчӗҫ. Паянхи куна хӗреслӗ майпа 100 гектар ытла ыраш акнӑ.

# ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

## Парти вĕренĕвĕн çĕнĕ çулĕ пуçланас умĕн

Шупашкар хулинчи пуçламăш парторганизацисем 1956—1957 вĕренÿ çулне вăхăтра тата тĕплĕн хатĕрленес тĕлĕшпе хăшпĕр ĕçсем туса ирттерчĕç. Чылай предприятисемпе учрежденисенче тата организацисенче коммунистсемпе партире тăман актива парти вĕренĕвне хутшăнтарас майпа консультацисемпе калаçусем ирттереççĕ. Ку ĕçе электроаппаратура заводĕнчи, Атăл леш енчи электростанцири, Лента тĕртекен фабрикăри, «Чăвашстрой» трестĕнчи, Чăвашпотребсоюзри парторганизацисем тивĕçлипе туса пынине палăртмалла.

Электроаппаратура заводĕнчи парти комитечĕ (секретарĕ Щфасман юлташ) ситес вĕренÿ çулне хатĕрленме август уйăхĕн малтанхи кунĕсенченех тытăннă. Халĕ заводра цехсемпе сменăсенче, çĕнĕ вĕренÿ çулне хатĕрленнĕ май, коммунистсемпе партире тăманнисем хушшинче калаçусем ирттереççĕ. кружоксемпе семинарсем организацилеççĕ, Партком членĕсем коммунистсемпе калаçнă чухне марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренессине кăçал татах лайăхлатма, ку ĕçре коммунистсен ответлăхне ÿстерме кирлине палăртаççĕ.

Заводри парти комитечĕ парти вĕренĕвĕн задачисем çинчен пур коммунистсене те тĕплĕн ăнлантарса пама тăрăшать. Çак ĕçре «Партийная жизнь» журналăн 14-мĕш номерĕнче пичетленсе тухнă умстатьяпа усă кураççĕ. Коммунистсемпе кадрсем кам ăçта тата мĕн вĕренме кăмăл тунине палăртса шута илесси халĕ кунта вĕçленсе пырать.

Заводăн пĕрремĕш сборочнăй цехĕнчи коммунистсем, вĕсем хушшинче производствăра малта пыракан Алексеева, Харитонова, Сергеева, Виноградова слесарь-сборщицăсем, Виноградова, Артемьева, Аникина токарьсем тата Самойловăпа Раева контролĕрсем ситес вĕренÿ çулĕнче кулленхи политикăна вĕренмелли кружока çÿреме кăмăлланă. Цехра контрольнăй мастер пулса ĕçлекен Васильев юлташ социализмла промышленность экономикин ыйтăвĕсене вĕренме семинара çырăннă. Ку цехри нумай рабочисем тата инженерсемпе техниксем аслă в вăтам шкулсенче заочно вĕренеççĕ, электромеханически техникум çумĕнче уçнă мастерсен каçхи курсне вĕренме кĕреççĕ.

Иртнĕ вĕренÿ çулĕнче çак цехри коммунистсенчен чылайăшĕ Рогачёв юлташ ертсе пыракан кружокра вĕреннĕ. Рогачёв юлташăн пахă ĕçĕсене хулари пропагандистсем лайăх пĕлеççĕ. Вăл 12 çул хушши ĕнтĕ заводра кружок руководителĕ пулса ĕçлет, занятисене ялан çÿлĕ пусăмра, интереслă ирттерет.

Кружокра тата харпăр хăй тĕллĕн вĕренекен рабочисен, инженерсемпе техниксен политикăлла пĕлĕвне хăпартать, вĕсен активлăхне, производствăри хастарлăхне чылай ÿстерет. Акă, сăмахран, Рогачёв юлташ ертсе пыракан кружока çÿрекенсем КПСС XX съезчĕн материалĕсене вĕреннĕ вăхăтра пропагандиста тĕрлĕ ыйтусем панă, хăйсем туса калаçнă чухне заводри çитменлĕхсене палăртнă, производствăра хăшпĕр йывăр ĕçсене механизацилес тĕлĕшпе кирлĕ сĕнÿсем тăратнă. Çапла, парти пропагандине кирлĕ пек организациленипе рабочисен ĕç тухăçлăхне ÿстерме пулăшнă. Цех коллективĕ производство планне уйăхран уйăха, кварталтан квартала ирттерсе пурнăçлать. Июль уйăхĕнче продукци туса кăлармалли плана цех 107,5 процент тултарнă. Цехра нормăна тултарайман пĕр рабочи те çук, рационализаторсемпе изобретательсен шучĕ ÿссех пырать.

Тепĕр тĕслĕх илĕпĕр. Чăвашпотребсоюзри парторганизаци çĕнĕ вĕренÿ çулне хатĕрленес тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттернĕ. Кунта, коммунистсен сĕнĕвĕсене шута илсе, политэкономие вĕренмелли виçĕ кружок организацилеççĕ. Пропагандистсене партбюро ларăвĕнче çирĕплетнĕ. Мастеров, Орлова, Федорова, Салтыков юлташсем тата ыттисем те партин хула комитечĕ çумĕнчи марксизм-ленинизмăн каçхи университетне вĕренме кĕме заявлени панă.

Ку парторганизацире парти вĕренĕвне иртнĕ çулта та лайăх организациленĕ. Партбюро членĕсем парти вĕренĕвĕн тата комсомол вĕренĕвĕн системинчи кружоксен ĕçне тăтăшах тĕрĕслесе тăнă, пропагандистсемпе вĕренекенсене пулăшнă. Кружоксен ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе Харитонов юлташ (правлени председателĕ) уйрăмах тăрăшнă. Вăл занятисенче тăтăш пулнă, пропагандистсена вырăнти материалсемпе усă курма, вĕренĕве ĕçпе çыхăнтарма пулăшнă, çитменлĕхсене палăртма сĕннĕ. Çакă аппарат ĕçне чылай лайăхлатма, ĕç дисциплинине çирĕплетме пулăшнă.

Парти вĕренĕвĕн кăçалхи çулне вăхăтра тата тĕплĕн хатĕрленес ĕçе хулари хăшпĕр парторганизацисем çителĕксĕр туса пыраççĕ-ха. Уйрăм парторганизацисенче кружоксемпе политшкулсем тата семинарсем организацилеме тытăнман, пропагандистсене уйăрман, марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренес ĕçе организацилесси çинчен пухусенче кăна аса илеççĕ. «Сельэлектро», «Кинопрокат» кантурĕсенчи, «Волга», «Кожупраж» артелĕсенчи, сăра заводĕнчи парти организацийĕсен секретарĕсем Каган, Александров, Яковлев, Тарасенков, Константинов юлташсем ситес вĕренÿ çулне хатĕрленес тĕлĕшпе паянхи куна нимех те туман. Вĕсем: вăхăт пур-ха, ĕлкĕретпĕр, теççĕ. «Кооператор» артелĕнчи парторганизаци секретарĕ Кузьмин юлташ партин хула комитечĕ çумĕнчи экономикăлла шкула вĕренме кама уйăрса ямаллине те пĕлмест. Вăл ку ыйтупа пĕр коммунистпа та калаçман.

Кружоксемпе политшкулсем тата семинарсем организацилессин, çавăн пекех харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсене шута илсе тухасси, пропагандистсемпе консультантсене суйласа илсе çирĕплетесси — паян-ыран тумалли ĕç. Парти вĕренĕвĕн ăнăçлăхĕ çак ĕçе вăхăтра тата тĕплĕн тунинчен нумай килет. Коммунистсемпе партире тăман актив ситес вĕренÿ çулĕнче мĕне тата ăçта вĕренме шутланине халех ыйтса пĕлес пулать.

Ситес вĕренÿ çулĕнче предприятисемпе учрежденисенче тĕрлĕ кружоксем пулмалла. Кăçал уйрăмах КПСС XX съезчĕн материалĕсене вĕренесси пысăк вырăн йышăнма тивĕçлĕ: КПСС историне вĕреннĕ чухне уйрăмах В. И. Ленин произведенийĕсемпе, парти съезчĕсен тата конференцийĕсен решенийĕсемпе тата ытти документсемпе анлăн усă курма тăрăшмалла. Экономикăлла теорие вĕренессине те тĕпренех лайăхлатни кирлĕ.

Иртнĕ вĕренÿ çулĕнче хулари чылай коммунистсемпе партире тăман кадрсем (400 сына яхăн) экономика ыйтăвĕсене 15 кружокпа семинарта вĕренчĕç. Политэкономие вĕренмелли кружоксемпе семинарсен шучĕ 60 пулнă. Вĕсенче мĕн пурĕ 966 сын вĕреннĕ. Ситес вĕренÿ çулĕнче экономикăлла наукăна тата экономика ыйтăвĕсене вĕренес ĕç татах анлăланмалла. КПСС хула комитечĕн бюровĕ хулара экономикăлла шкул организацилеме йышăнчĕ. Уйрăм предприятисемпе учрежденисенче экономикăлла ыйтусене вĕренме кружоксемпе семинарсем организацилеме сĕннĕ.

Анчах çак ĕçе пур çĕрте те кирлĕ пек хаклаççĕ тесе калама çук-ха. Хăшпĕр предприятисемпе организацисенчен экономикăлла шкула вĕренме кĕме никам та заявлени паман, кружоксемпе семинарсем организацилесси çинчен те пуçламăш парторганизацисен секретарĕсем аса илмеççĕ. Çавăн пекех марксизм-ленинизмăн каçхи университетĕнче вĕренме илес ĕç те начар пырать. Ку университетра занятисем тепĕр икĕ эрнерен, сентябрĕн 3-мĕшĕнче пуçланмалла.

Парти вĕренĕвĕн системинче 1956—1957 вĕренÿ çулĕ пуçланиччен вăхăт нумаях юлмарĕ. Хулари парторганизацисен çĕнĕ вĕренÿ çулне хатĕрленес ĕçе хăвăртлатас пулать. Çак ĕçре иртнĕ çулхи йăнăшсене туни пулмалла мар. Ситес вĕренÿ çулне вăхăтра тата тĕплĕн хатĕрленесси — хулари парторганизацисен паянхи пысăк задачи.

**В. АВДЕЕВ.**
КПСС Шупашкар хула комитечĕн пропагандăпа агитаци пайĕн заведующийĕ.

### Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветра

## Промышленность, транспорт тата суту-илÿ предприятийĕсем 1956 çулхи II-мĕш кварталта социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсем çинчен

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсовет промышленность, транспорт тата суту-илÿ предприятийĕсем 1956 çулхи II-мĕш кварталта социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсене пăхса тухса çапла йышăннă:

### ТРАНСПОРТ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне **Канашри паровоз депине** памалла тунă (начальникĕ **Павлов** юлташ, местком председателĕ **Баукин** юлташ). Çак депо паровуссем талăкра чупмалли плана 113,5 процент, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана—157 процент, техникăлла хăвăртлăха ÿстермелли плана—107,5 процент тултарнă, паровуссен çаврăнăшне 1,7 сехет чакарнă, йывăр тиенĕ поездсем илсе çÿресе, нормăран ирттерсе 298.421 тонна груз турттарнă.

Сĕнтĕрвăрри, Елчĕк тата Куславкка райисполкомĕсен автомобиль транспорчĕпе шоссе çулĕсен пайĕсем лайăх ĕçленине палăртнă.

### ÇĂМĂЛ ПРОМЫШЛЕННОÇПА ПИР-АВĂР ПРОМЫШЛЕННОÇĔ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне **Шупашкарти чăпта фабрикине** памалла тунă (директорĕ **Петрунин** юлташ, фабком председателĕ **Шабашов** юлташ). Фабрика продукци туса кăлармалли плана çирĕплетнĕ ассортимент тăрăх 104 процент, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана 104,8 процент тултарнă, продукцин хăйне лараканă хакне 3,6 процент вырăнне 4,3 процент йÿнетнĕ.

Сĕнтĕрти пир-авăр фабрики тата Шупашкарти лента тĕртекен фабрика лайăх ĕçленине палăртнă.

### ВĂРМАН ТАТА ЙЫВĂÇ ЯПАЛАСЕМ ТĂВАКАН ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне **Приволжски вăрманпромхоза** памалла тунă (директорĕ **Кошелев** юлташ, рабочком председателĕ **Мокаров** юлташ). Çак вăрманпромхоз продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмпе, 155,4 процент, ĕçе юрăхлă йывăç турттарса кăлармалли плана—242 процент, кашни рабочи пуçне продукци комплексла туса кăлармалли плана—117,7 процент тултарнă.

Кире вăрманпромхозĕ лайăх ĕçленине палăртнă.

### АПАТ-ÇИМĔÇ ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне **Вăрнарти выльăх пусакан пунктa** памалла тунă (директорĕ **Болтухов** юлташ, местком председателĕ **Лебедев** юлташ). Çак пункт продукци туса кăлармалли плана çирĕплетнĕ ассортимент тăрăх 162,7 процент, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана—225,2 процент тултарнă, продукцин хăйне лараканă хакне планпа палăртниччен 0,2 процент ирттерсе йÿнетнĕ.

Улатăрти тата Канашри аш-какай комбиначĕсем, Улатăрти çупа сыр завочĕ тата Вăрнарти çу завочĕ лайăх ĕçленине палăртнă.

### РАЙОНСЕНЧИ АПАТ-ÇИМĔÇ ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне **Шупашкар хулинчи апат-çимĕç комбинатĕнчен** хăвармалла тунă (директорĕ **Ефремов** юлташ, местком председателĕ **Горланова** юлташ). Апат-çимĕç комбиначĕ продукци туса кăлармалли плана çирĕплетнĕ ассортимент тăрăх 123,6 процент, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана 222,1 процент тултарнă, продукцин хăйне лараканă хакне 0,5 процент вырăнне 7,2 процент йÿнетнĕ.

Çĕмĕрле районĕнчи апат-çимĕç комбиначĕ лайăх ĕçленине палăртнă.

### ВĂРМАН ХУÇАЛĂХĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне **Опытлă вăрман хуçалăхне** памалла тунă (директорĕ **Тимофеев** юлташ, рабочком председателĕ **Ефаринов** юлташ). Вăрман хуçалăхĕ йывăç акмалли тата лартмалли плана 101,5 процент, йывăçсене пăхса ÿстермелли плана—173 процент, питомниксенче йывăç акмалли плана—200 процент, йывăç турттарса кăлармалли плана—128 процент, куллен кирлĕ таварсем туса кăлармалли плана—128 процент, куллен кирлĕ таварсем сутмалли плана—133 процент тултарнă.

Хĕрлĕ Чутай, Сĕнтĕрвăрри тата Етĕрне вăрман хуçалăхĕсем лайăх ĕçленине палăртнă.

### ЧĂВАШПОТРЕБСОЮЗ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне **Улатăр райпотребсоюзне** памалла тунă (председателĕ **Годунов** юлташ, местком председателĕ **Разумова** юлташ). Çак райпотребсоюз тавар çаврăнăш планне 106,7 процент, хатĕрлемелли тата сутăн илмелли плана—113,1 процент, тупăш тумалли плана—101 процент тултарнă, планран ирттерсе 107 пин тенкĕ таса тупăш тунă.

Çĕмĕрле тата Куславкка райпотребсоюзĕсем, Шăмăршă райпоĕ тата Кире рыбкоопĕ лайăх ĕçленине палăртнă.

### СТРОИТЕЛЬСТВО ОРГАНИЗАЦИЙĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне **строительствăпа монтаж управленине** памалла тунă (начальникĕ **Алькевич** юлташ, постройком председателĕ **Горбунов** юлташ). Çак управлени строительствăпа монтаж ĕçĕсен планне 102,7 процент, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана—131 процент тултарнă, строительство хакне 37 процент йÿнетнĕ.

Канашри строительствăпа монтаж кантурĕ лайăх ĕçленине палăртнă.

## Обязательствăна чыслăн пурнăçлатпăр

Эпĕ ертсе пыракан штукатурсен бригадинче 19 сын. Бригада членĕсем ĕçе лайăх тата хăвăртрах тăвассишĕн мĕнпур вăя, пултарулăха хурса кĕрешеççĕ. Çак кунсенче çирĕм хваттерлĕ виçĕ хутлă çурта планпа палăртниччен виçĕ кун маларах штукатурка туса пĕтертĕмĕр.

Штукатурщиксем хушшинче ăста мастерсем сахал мар. Вĕсем кулленхи ĕçре ÿсе çитĕнчĕç. Акă, Н. Ивченко юлташа илер. Вăл Канашри строительствăпа монтаж кантурне куçиччен пилĕк çул Украинăра ĕçленĕ. Хăйĕн ĕçне лайăх пĕлет вăл, пысăк ăсталăхпа ĕçлет, нормăна ялан пĕрре çурă хут ирттерсе тултарать.

Д. Кузнецова тăватă çул каялла штукатур пулма вĕренме кĕнĕ. Опытлă штукатурсем пулăшнипе чăваш хĕрачи кĕске вăхăт хушшинче специальность илме пултарчĕ. Халĕ Кузнецова юлташ ĕç нормине 150 процента çити тултарать. Унăн юлташĕ А. Степанова та нормăна тăтăшах ирттерсе тултарать.

Манăн бригада, Н. Мыльников юлташ ертсе пыракан бригадăпа ăмăртăва тухса, кăçалхи задание декабрĕн 5-мĕшĕ тĕлне тултарассишĕн кĕрешет.

**А. АХМЕДЗЯНОВ.**
Канашри строительствăпа монтаж кантурĕн штукатурсен бригадирĕ.

## Туслă коллективăн ăнăçлăхĕ

Шупашкар районĕнчи Çатра Лапсарти сичĕ çул вĕренмелли шкул кашни çулах çĕнĕ вĕренÿ çулне тĕплĕн хатĕрленет. Кăçал шкула пымалли ачасене пурне те шута илнĕ, кашни ача ашшĕ-амăшĕпе калаçнă. Наглядни пособисем 1.500 тенкĕлĕх, шкул библиотеки валли 1.500 тенкĕлĕх кĕнекесем туяннă. Пурă, чернил порошокĕсем, карандашсемпе ручкăсем, тетрадьсем çителĕклĕ туяннă.

Плотниксем кĕске вăхăтрах шкул çуртне хăма çапса тухрĕç, шкул картисене юсарĕç. Çавăн пекех класри доскасене, партăсене юсанă, сăрланă. Шкула хĕл касма 160 кубометр вутă кирлĕ пулсан, паянхи куна 90 кубометр турттарса килнĕ, 50 кубометр касса хатĕрленĕ.

Çĕнĕ вĕренÿ çулне хатĕрленес тĕлĕшпе шкул ачисем хăйсем те тăрăшса ĕçлеççĕ. Вĕсем, биологипе вĕрентекен учитель А. Ефремов ертсе пынипе, шкулти опытлă участокра ăнса пулнă тырпула пухса кĕртеççĕ, вĕренÿ çулĕнче усă курма гербарисем хатĕрлеççĕ.

— Иртнĕ çул опытлă участокра аван ĕçленипе пула вăйлă тырпул туса илтĕмĕр, пилĕк çамрăк мичуринец Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкине хутшăнма тивĕçлĕ пулчĕç,—тет А. Ефремов юлташ.

**Ф. МАРКОВ.**

## Колхоз сачĕ

Ку вăл виçĕ çул каярах пулнă. Советски районти Киров ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕн членĕсем КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «СССР ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановлене сÿтсе явнă чухне хăйсен колхозĕнче сад тума сĕнÿ тăратнă.

Артель правленийĕпе парторганизаци, çак ырă сĕнĕве йышăнса, сад ĕрчетес ĕçе йĕркелесĕ яма Василий Николаевич Николаев колхозника хушнă. Вăл сад ĕçне çав тери юратать. Вăрçă хыççănхи çулсенче хăйĕн килĕнче улма-çырла йывăççисем нумай лартса ÿстернĕ. Василий Николаевич çийĕнчех хĕрÿ ĕçе тытăннă. Вăл тăрăшнипе колхозра çав çулах сад ĕрчетес ĕçе пуçарса янă. Пĕр-икĕ çул хушшинче сад йышăнакан лаптăка 3,5 гектара çитернĕ, çĕнĕрен 700 тĕп улмуççи тата 600 тĕп чей çырли лартнă. Халĕ вĕсем аван ÿсеççĕ. Хăшпĕрисем улма-çырла та пама тытăннă.

Сад ĕрчетес тĕлĕшпе ятарласа тунă звено ĕçлет, Звено членĕсем хĕлĕн-çăвĕн садра ĕçлеççĕ, çамрăк улма-çырла йывăççисене малта пыракан мичуринла ăнуна вĕрентнĕ пек пăхса ÿстерме тăрăшаççĕ.

Николаев юлташ кĕнекесем нумай вулать, наукăпа сăнав станцийĕсемпе, учейĕсемпе, хамăр çĕршыври ăста садоводсемпе çыхăну тытать. Малта пыракан опыта тĕпчесе вĕренес шутпа ятарласа Мускава, ялхуçалăх выставкине кайса курнă.

Садра питомник пур. Пăлтĕр ÿстернĕ улма-çырла йывăççисене сутса колхоз 8 пин тенкĕ тупăш илнĕ. Кунсăр пуçне артель çĕнĕрен татах 10 гектар сад лартнă. Халĕ 13,5 гектар çинче пĕтĕмпе 3 пин тĕп ытла улма-çырла йывăççи шутланать.

**П. ПАВЛОВ.**

### ĔÇСЫННИСЕМ ВАЛЛИ ЛАЙĂХ ПРОДУКЦИ

Пирĕн артель коллективĕ хăй умĕнче тăракан задачăсене пурнăçлассишĕн социализмла ăмăртăва вăйлатсах пырать. Кăçалхи çичĕ уйăх программине эпир 103,3 процент пурнăçларăмăр. Июль уйăхĕнчи результатсем уйрăмах аван. Продукци туса кăлармалли плана 111 процент ытларах тултартăмăр. Продукци пахалăхĕ те лайăхланчĕ.

Юлашки вăхăтра уйрăмах трикотаж цехĕ пысăк çитĕнÿ турĕ. Иртнĕ уйăха вăл задание 157 процент пурнăçланипе вĕçлерĕ.

Хушма производствăран ватти тăвакансемпе йывăç касалакансем лайăх тĕсĕлĕхсем кăтартаççĕ.

Коллективăра новаторсем сахал мар. Трикотаж цехĕнчи А. Владимировăпа А. Иванова юлташсем куллен икшер сын тумалли ĕçе пурнăçлаççĕ. Çĕвĕ цехĕнчи Н Петровăпа А. Огурцова мастерсем нормăна 220—240 процент тултараççĕ.

**М. ИВАНОВ,**
Канашри Ленин ячĕпе тăракан артель председателĕ.

### „Коммунизм ялавĕ“ хаçатра çырнă хыççăн

## „Рабочисен хваттерĕсене юсамалла“

Шупашкарти пир-авăр комбиначĕн дирекцийĕ çапла пĕлтерет: «Коммунизм ялавĕ» хаçатра июлĕн 28-мĕшĕнче пичетленнĕ «Рабочисен хваттерĕсене юсамалла» ятлă статьяра çырнисем тĕрĕс. Комбинат дирекцийĕ Б. Хмельницкий урамри 53-мĕш çурта хĕле кĕриччен юсама палăртнă, 28-мĕш общежити çуртне туса пĕтерсенех çамрăк рабочисемпе работницăсене пурне те унта пурăнма куçарма йышăннă.

## „Татах кино кăтартасси çинчен“

«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн июлĕн 28-мĕшĕнче «Татах кино кăтартасси çинчен» ятлă çыру пичетленсе тухрĕ.

Çĕрпÿ район Совет исполкомĕн культура пайĕ пĕлтернĕ тăрăх, çырура кăтартса панă çитменлĕхсене пĕтересси çинчен кинработниксен пухăвĕнче сÿтсе явнă, ĕçсыннисене кино кăтартас ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăннă, киносе çитнĕ экрансем вырăнне çĕнĕ экрансем туянса панă.

# Пирĕн телей

Ир пулать те каç пулать—ĕмĕр иртни сисĕнмест, тенĕ ĕлĕк ваттисем. Çăмăл пурнăçпа пурăннă чухне ĕмĕр иртни чăнах та сисĕнмест пулĕ. Халĕ апĕ 68 çулта, манăн упăшка Михаил Тихонович 72-ре. Эпĕ çакна калассăн: вăрăм ĕмĕрте хурапа шурра пайтах куртăмăр. Ĕмĕр иртни вара хытах сисĕнчĕ. Аса илсен—пурте куç умĕнчех.

Старикпе иксĕмĕрĕн те атте-аннесем çĕрме пуян мар, кушаран тухма тăрăшса çĕрне-кунне пĕлмесĕр ĕçленĕ хресченсем пулнă. Эпĕ те атте-анне килĕнче кĕнчеле арланă, пир тĕртнĕ, тырă вырнă, авăн çапнă, мĕнпур пур-çука килйышпа пĕрле чăтса ирттернĕ. Вунтăхăр çула çитсен пĕр слепалли паллама вĕрентеймесĕрех качча пачĕç—çамана çавнашкал пулнă ун чухне.

Михаил Тихоновичăн ашшĕпе амăшĕ шутсăр ĕçчен пулнă. Ашшĕ—Тихон Петрович вут чулĕ пек çирĕп çынччĕ, çамрăк та вăйпитти чухне Етĕрнери Таланцев хуçа патĕнче ĕçленĕ. Ваттисем пире, ывăлĕпе кинне, пурнăç тума вĕрентсе хăварчĕç. Пĕр-пĕрни сăмахĕнчен ан тухнă пултăр, тесе ăнлантаратчĕç. Хамран тăван 12 ача аслашшĕ хуппен туса панă сăпкарах çитĕннĕ. Пĕр вăхăтра сĕтел хушшине вунпиллĕкĕн лараттăмăр. Аслашшĕ хушмасăр пĕри те кашăк тытман, апата та, ĕçе те пĕр харăс пуçласа вĕçлеме вĕрентетчĕ. Пĕри айăпа кĕрсен ал хумасăрах йĕркене кĕртме пĕлетчĕ. Аслашшĕ нумай пулăшрĕ çав пире, çавăнпа ĕнтĕ пирĕн ачасем ваттисене сума сăваман, çынна хисеплекен, çамаха пĕрре каласанах итлекен сăпайлă çынсем пулчĕç.

Эпир старикпе иксĕмĕр хамăра телейлĕ тесе шутлатпăр. Пирĕн чи пысăк телей—ырă, çине тăрса пурнăçăн çаплала çулĕ çине тухнă тÿрĕ кăмăллă, ĕçчен те çирĕп сывлăхлă ачасем. Килте ватăах куна иксĕмĕр кăна тăрса юлтăмăр, çапах та эпир хамăра çак телее пула тăнчăре çук пуян çынсем, тесе шутлатпăр.

Чылай çынсем манăн кĕпе умĕ çинче «Ача амăшĕ-геройня» ордена курсан, «Кинемей, санăн миçе ача вара?», тесе ыйтаççĕ. «Вунтăваттă çуратнă, вуниккĕшĕ пурăнаççĕ», тетĕп. «Феодосия Никитична, мĕнле пахса çитĕнтернĕ-ха эсĕ вĕсене? Пурте йĕркеллĕх пурăнаççĕ-и?»—тĕлĕнеççĕ нумайăшĕ. «Çитĕнтернĕ çав,—тетĕп,—кирлĕ чухне ятламаннипе çупкă та паркаланă...» Çупкă çинчен шÿт туса калани пурте ăнланаççĕ пулĕ, ачана ĕç патакпа кĕмест, ну, тепĕр тесен, хăш чухне кăштах хăмсарса илни те ытлашши пулмасть.

1909 çултан пуçласа пирĕн ача хыççăн ача çуралма пуçларĕ. Чи асли Васса, ун хыççăн Еводпа Вера. Алексей çураличчен тĕнче вăрçи пуçланчĕ те ашшĕне салтака ăсатрăмăр. Вăл вăрçă хирĕнче юн тăкнă, тыткăна лексе асап курнă чухне ялта та çăмăл пулман. Васса, Евод, Вера кăшт çитĕнсенех хама ĕçре пулăшакан пулчĕç. Мĕнпур ачасене пăхса çитĕнтерекенни—Вера. Çавăншăн ĕнтĕ вăл нумай вĕренеймерĕ. Алексей хыççăн Валентина, Геннадий, Раиса, Зиновий, Модест, Порей, Рената тата Анастасия çуралса ÿсрĕç. Нимĕн те калаймăн, çемье пысăк. Çамăй ачасем çитĕннĕ вăхăтра каç пулсан пÿртре выртма вырăн çитместчĕ: урайĕнче те талкишпех, пăмака çинче, саксем тăрăх ача-пăча тĕрлĕшетчĕ. Çи-пуçĕпе апат-çимĕçĕ те пайтах кирлĕ пулнă. Çапах эпир нимрен те аптрасах тăман: пур пек çĕр çинче тырпула лайăхрах акса тума тăрăшнă, выльăх-чĕрлĕх усранă, кирпĕч туса сутнă, унсăр пуçне ашшĕ салтакран таврăнсан вăрман хуçалăхĕнче ĕçлесе укçа илетчĕ. Совет влаçĕ пуçлансан ятах тăрăх çĕр нумай уйăрса пачĕç, ĕçлеме кăна ăнăр. Пирĕн çемье ĕçленине тахам та курса кĕвĕçме пултарнă: хĕвел тухиччен пихăшĕ те сывăрман, кăнтăрла ыйтса канман. «Мул пухнă кусем», тесе шутлассĕ пулĕ хăшпĕрисем. Мул пухман, ачасене тăрантичен çитерсе сывлăхлă тăвас, çи-пуçĕсене ситеç урисене сăран атă тăхăнтарас, вăй çитнĕ таран вĕрентес тенĕ.

Пăхатăп та тĕлĕнетĕп, хăшпĕрисен çемьйинче пĕр-икĕ ача çуралать те ашшĕ-амăшĕсем ури-алли çыхлансах ларать. (Унашкаллисем хамăр ялйышра та пур!). Ачисене виçесĕр ачашлаççĕ, ĕçе пĕчĕкренех хăнăхтармаççĕ. Хайхискерсем, сăпкаранах уяпут ачисем пек ÿсиппе, пурăнакине ямăттине çеç шанса ларакан, вахал,



ултавçĕ, хресчен ĕçĕнчен юттăнакан, ют çынсене кăна мар, ашшĕ-амăшĕпе тăванĕсене те хисепламен çынсем пулаççĕ. Пысăк çемьере аппа мар. Пысăк çемьере ашшĕпе амăшĕн кашни ачине ачашлама алли те çитмест, вăхăчĕ те çук, пурте хăйсем тĕллĕн ÿралланма тивĕçлĕ. Ĕçре пиçсе ÿсекен ачаран кăна вăл чăн-чăн этем пуласса шанма пулать. Ачасем ашшĕпе амăшĕнчен курса вĕренеççĕ. Аслисем кахал пулсан—ачисем те çавнах хывăççĕ, ашшĕпе амăшĕ ĕçпа ярăнса кунĕн-çĕрĕн çапăçаççĕ, хăйсене йĕркесĕр тыткалаççĕ пулсан—ачисенчен те çавнах кĕтсе тăр. Эпир ашшĕпе иксĕмĕр ĕмĕрĕпех йĕркеллĕ пурăнса ирттертĕмĕр. Тирĕк-чашăк шăкăртатмасăр пулмастех, çавăнпа ĕнтĕ ашшĕ калаçнине хам та, ачи-пăчи те итленĕ, аслисен сăмахĕнчен тухман. Ман шутпа ача нумай çуратса ÿстерессинчен нимĕн хăрамалли те çук, çитĕнеççĕ вĕсем.

Ачасене эпир совет самани пулман пулсан вĕрентейместĕмĕр. Аслă ачасене çамрăклах шкула ярăймарăмăр. Васса—кĕнчеле арланă, Еводĕ—килте вăйпитти арçын вырăнĕнче пулнă. Верăн ача пăхмалла пулнă. Кайран Вассăпа Евод Етĕрнери педтехникума вĕренме кĕчĕç.

Унтанпа 27 çул иртрĕ ĕнтĕ. Васса Ленинград хулинче нумай çул хушши ĕçлесе пурăнчĕ. Вăрçă пуçланнă пирки медицина институтĕнчен вĕренсе тухма май пулмарĕ, упăшкине нимĕçсем вĕлерчĕç. Халĕ колхозра, ачисем те чылай ураланчĕç. Евод 1936 çулта Томск хулинчи политехника институтĕнчен вĕренсе тухрĕ те Инçет Хĕвелтухăçне ĕçлеме кайрĕ. Вунă çул хушши ĕнтĕ вăл Кăнтăр Сахалинта инженер-геолог пулса ĕçлет.

Вера ялти шкулта вĕренчĕ те колхозра ĕçлесе пурăнать. Упăшки вăрçăран таврăнаймарĕ, ывăлĕсем вара кукашшĕне пăхнă пулĕ—пит таса çитĕнеççĕ.

Алексей та çемьеллĕ, Горькири финанспа экономика техникумĕнчен вĕренсе тухнă, ялтах ĕçлет. Валентина вара Белоруссире пурăнать, упăшки МТС комбайнерĕ. Хăна утса çÿренине астумастăп, ури çĕре тивместчĕ унăн. Чи çамрăк чухне парашютпа сикме те хăраман вăл.

Геннадий вăрçă вăхăтĕнче летчик пулнă. Кайран Чкалов хулинче гидротехникумран вĕренсе тухрĕ те халĕ Бузулук хулинче гидролог пулса ĕçлет. Раиса — статистик, вăл Николаев хулинче пурăнать. Зиновий геологипе разведка отрячĕн начальникĕ, аслă коллекционер, Сучан патĕнче ĕçлет. Модест Орск хулинче, вăл крановщик-дизелист. Порей—Çурçĕр Сахалинти пĕр шкулта вĕрентет, Еводпа час-часах тĕл пулкалать. Ренатăпа упăшки Шупашкарта пурăнаççĕ. Анастасия Шупашкарта торф предприятийĕнче ĕçлет, Ку вара ачамрахи пулчĕ, вĕренес темерĕ.

Ачасем вĕренсе тухса ĕçе кĕрсен киле таврăнатчĕç. «Ну, хăшпе вĕренме черет çитнĕ?» тесе ыйтатчĕç. Васса Раисăна, Евод—Зиновие, çапла пĕр-пĕрне иле-иле кайса вĕрентрĕç, çын турĕç. Пурте çемьеллĕ пулчĕç, халĕ пирĕн 32 мăнук. Пулăпаççĕ вĕсем пире. Хамăр та халĕ пачарах мар: эпĕ килте, Михаил Тихонович Сăр хĕрринче вутă склачĕпе тăвар склачĕн заведующийĕнче ĕçлет: Вăй çитерейменнине ачасемех туса параççĕ. Верăпа Васса çуркунне-кĕркунне пахчана сухаласа, акса-лартса, пуçтарса параççĕ, килти ĕçре те пулăшаççĕ. Модест иртнĕ çул отпуска таврăнчĕ. Вĕсем Алексейпе иккĕшĕ çĕнĕ лаç туса пачĕç.

Килте пĕри те çук пулсан та çуллахи уйăхсенче пирĕн патăрта ĕлĕкхи пекех ача-пăча шавлать. Ĕлĕкхи пекех пĕр пысăк хуран яшка çакатăп. Анчах ачасем ĕнтĕ хăшĕ сухаллă, хăшĕн пичĕ пĕркеленнĕ... Мăнукăмăрсене пăхса савăнатпăр!

Кăçал хĕллерех Зиновий, Модест, Раиса пĕтĕм çемйисемпе килсе кайрĕç.

Халĕ пирĕн татах тепĕр савăнăç: ывăлсенчен чи асли Евод Кăнтăр Сахалинтан ултă уйăхлăх отпуска килчĕ. Виçĕ çулта пĕрре килсе çÿрет вăл. Ывăлĕпе кин халĕ курортра, Евод хăй те курортра пулнă. Кăнтăр Сахалинта пурнăç лайăх тет вăл. Халăхĕ те лайăх тет. Çу кĕске, хĕлĕ вăрăм пулсан та пахча çимĕçсем султалăкĕпех туса илеççĕ, лавкасенче япала нумай, типĕсĕнче пулă, çĕр айĕнче пуянлăх, вăрманĕнче кайăк-кĕшĕк пĕтес çук тесе каласа парать Евод. Килессе Еводсем хăвăрт вĕçекен самолетпа килнĕ, иĕ талăк хушшинче кила çитнĕ.

Мăнтарăн ачисем, ку телейлĕ самана тата мĕн-мĕн тĕлне пулмĕç-ха! Çавна каласшăн эпир ашшĕпе иксĕмĕр: нимĕнле ĕçрен те ан ÿркен, çынсемпе ырă кăмăллă та тÿрĕ пул, çитменлĕхе тата пурнăç тăшманне тĕрĕ шыв çине кăлар, тăван халăхпа тăван партие юрат, кунĕн-çĕрĕн вĕрен, пуян та тулăх пурăнассишĕн тăрăш—çапла пурăнсан телейлĕ пулатăн. Çапла пурăнма вĕрентнĕ эпир хамăрăн йышлă ачамăрсене.

**Ф. ПОМОЩНИКОВА.**
Ача амăшĕ-геройня.

Сăрьял ялĕ.
Етĕрне районĕ.

123-мĕш стройтрестăн 891-мĕш УНР-ти рабочисем хушшинче çулталăкри плана срокчен тултарассишĕн ăмăрту сарăлса пырать. Ăмăртура тĕрлĕ ĕç тăвакан рабочисен бригади паха тĕслĕх кăтартать.

Ӳкерчĕк çинче (сулахайран сылтăмалла): А. Фомина, М. Соколова, Е. Волкова, П. Семенова, А. Салдыркина тата Н. Филиппова юлташсем.

Г. Зиньков фотоӳкерчĕкĕ.

# Ылтăн алăсем

Шупашкарти Карл Маркс урамĕнчи хĕрĕх тăхăр хваттерлĕ çуртăн стенисене купаласа пĕтернĕ, çине те витнĕ. Халĕ кунта хĕрӳ ĕç пырать. Шалта штукатурка туса сăрлаççĕ, водопровод хĕртеççĕ, пăсла ăшăтмалли батарейăсене вырнаçтараççĕ, çуртăн тулаш енне якатса илемлетме хатĕрленеççĕ.

Кунта икçĕр çынтан тăракан строительсен коллективне аслă прораб Марфа Павловна Павлова организацилесе ертсе пырать.

Вăл хăй утса тухнă кун-çула ирĕксĕртерехех аса илет, лайăх ĕçлекен рабочисем çинчен каласа пама вара ӳркенмест.

Строительствăра кашни рабочи хисеплĕ çын. Акă штукатурсенех илер. Вĕсем пӳлĕме илем кӳртеççĕ, стенасемпе маччасене якатаççĕ.

Никифор Ипатьевич Серов çирĕм çул каялла «Чăвашстрой» трестĕнче ĕçлеме пуçланă. Çак вăхăт хушшинче вăл вуншар çурт тунă çĕрте вăй хунă, çамрăксене вĕрентнĕ. Викентий Алексеев икĕ çул каялла çеç ФЗО-ран килнĕ, апла пулин те уйăхри нормăна 160—165 процент тултарать. Апрель уйăхĕнче çеç ĕçлеме пуçланă çамрăк—Павел Галин платник унтан юлмасть. Николай Шерстневпа Владимир Иванов пĕрле ĕçлеççĕ, вĕсем Серовпа Алексеевран та иртсе кайнă. Июль уйăхĕнче вĕсем нормăна 180 процент пурнăçланă.

Çаксем çинчен Марфа Павловна çав тери кăмăллăн, юратса калаcа пачĕ.

— Тĕрлĕ ĕçри рабочисене хăшпĕрисем питех хисеплесе каймаççĕ пирĕн,—тет вăл тепĕр вăхăтран.—Анчах строительствăра кирек мĕнле çын та вырăнлă. Нина Игнатьева пирĕн пата строительсен шкулĕнчен вĕренсе тухсан килчĕ. Эпĕ ун валли урăх ĕç тупса параймарăм. Вăл тĕрлĕ çĕрте ĕçлеме килĕшрĕ. Мĕн тетĕр эсир, ăна Хисеп хăми çине кăна мар, ун валли юрлех ылтăн хăма тăваттăм та çăнне ылтăнласа пĕтĕм халăх курăнмалла вырăна вырнаçтарăттăм. Унăн аллисем ылтăнрах та хаклă. Нина пек ĕçчен хĕре эпĕ ку тарана çитсе те курманччĕ. Калиса Можарова та çавăн пекех.

Пĕлтĕрсенче кунта кашни ĕç валли уйрăм наряд çырса хатĕрленĕ. Акă, сăмахран, пĕр хваттерти стенасене штукатурка тума, маччана якатса шуратма, кĕскен каласан, кашни ĕçе тума уйрăм наряд çырнă. Çавăн пирки пăтрашăнусем час-часах пулнă. Пĕрреххинче пĕр хваттерте пулмалли ĕçсене пĕр нарядпа çырса панă. Рабочисем кăна хапăлласах йышăннă. Вĕсем мĕнпур ĕçшĕн мĕн чухлĕ тӳлессине, мĕнле ĕçлемеллине малтанах пĕлнĕ.

— Сирĕн сĕнĕвĕр-и ку?—ыйтрăмăр эпир.

Марфа Павловна куç айĕне пăхса йăл кулчĕ те нимех те шарламарĕ. Игумнов прораб кайран пире ку сĕнĕ меслет пирки тĕплĕн ăнлантарса пачĕ.

...Вунçичче кайнă Марфа Павловна хăйĕн пурнăç çулне хăйех сăйласа илнĕ.

— Эпĕ строитель пулатăп, Санька пиччо пекех вĕренетĕп,—тенĕ вăл татăклăн.

Марфа пиччĕшĕ Александр Павлович Ленинградри строительсен институтĕнче вĕреннĕ. (Сăмах май каласан—халĕ вăл инженер-строитель, Куйбышевра ĕçлет).

Шупашкарти строительсен техникумĕнчи тăватă çул сисмесĕрех иртсе кайнă. Техник-строитель дипломĕпе вăл Тăвай районне пырса кĕнĕ. Кайран Шупашкар, Ишлей районĕсенче, вăрçă вăхăтĕнче Шупашкарта ĕçлеме тытăннă. Малтанхи çулсенче вăл производствăпа техника пайĕнче ĕçленĕ.

1954 çулта Марфа Павловнăна çĕнĕрен тăвакан çурт патĕнче прораб пулса ĕçлеме сĕнни. Ку вара пачах кĕтмен çĕртен пулса тухнă.—Мĕнле-ха капла, хĕрарăм пуçăмпа строительствăна ертсе пырайăп-и?—шиклесе ӳкнĕ вăл.—Прораб ĕçĕ кабинетра ларни мар вĕт-ха. Пĕтĕм стройкăна ертсе пыма лекет.

— Чун хăрать,—пăлпинех калаçнă вăл партбюро секретарьне.

— Эсĕ коммунист вĕт-ха,—аса илтернĕ партбюро секретарĕ.

Çакă Павловăн чĕрине кăртах хускатнă.—Кăкăр умĕнчи кĕсьере чиксе çӳрекен партбилет пур çинче йывăрлăхсенчен мĕнле хăраса ӳкрĕм-ха? Коммунист тивĕçĕ пултаруллăха та, пĕлӳлĕхе те, вăй-хала та пĕр чăмăра пĕтĕçтерсе татăклă ĕçсем патне кайма хушать, — тавçăрса илнĕ вăл.

— Килĕшетĕп, коммунист тивĕçне çĕре ӳкермĕп,—тенĕ вăл.

Çĕнĕ строительствăри ĕçсем икĕ çул каялла сентябрь уйăхĕнче пуçланнă. Çак кунсенче вăл хăй ыйăннине сисмен, унтан та ытларах прорабра ĕçлеме пуçласан çамрăкланнă пек туйнă. Пысăк ĕçе шанса парсан вăй та хутшăнать, теççĕ.

Анчах ĕçре кăлтăксем те тупăнсах пынă. Е материалсем çитмеççĕ, е электроэнерги памаççĕ, е тата пĕр-пĕр десятник мĕнле те пулин кирлĕ мар ĕç туса хурать. Прорабăн кашни йăнăшах, кашни кăлтăкax асăрхамалла, курмалла.

Марфа Павловна хальхи пекех пĕр десятник ĕçне лайăх астăвать. ФЗО-ран килнĕ Луиза Самсоновăна вăл малтанах тĕрлĕ çĕрте ĕçлеме хушнă. Луиза пĕр вăхăт бригадирсем хушнă ĕçсене тăрăшса тăванçи пулнă.

Кайрантарах, çакна кура, Марфа Павловна Луизăна десятнике куçарнă. Самсонова-ку ĕçе хавасланса тытăннă, анчах хĕрӳллĕх те, пуçарулăх та, тавçăрулăх та çитмен-мĕн унăн. Пĕррехинче вăл нарядсене тĕрĕс мар çырса панă, тепрехинче хăй те ĕçе кая юлса тухнă, виççĕмĕшĕнче—каменщиксем валли материал тупса памасăрах ĕçрен пăрахса кайнă. Десятник çапла çăмăлттай хăтланни прорабa çав тери пăшăрхантарнă, тарăхтарнă, анчах Марфа Павловна хăй кăмăлсăрланнине пĕлтермен. Çамрăк рабочисене ĕçе вĕрентесси, вĕсене шкулта тĕрĕс воспитани парасси пекех, чăтăмлă та çав тери йывăр ĕç пулнипе вăл асра тытнă, десятник ĕçĕсене тӳрлетсе пынă, ĕçе майĕпенех хăнăхма, тĕплĕ тума май панă. Халĕ Луиза Самсонова чылаях пысăк строительствăра кăçлă ĕçлет иккен.

Çурт ӳсет. Нумай та вăхăт иртмĕ, Аслă Октябрь уявне хулари вуншар ĕççыннисен килйышĕ çак çуртри çĕнĕ хваттерсенче кĕтсе илĕ. Вĕсем строительсен пархатарлă ĕçĕсене чĕререн тав тăвĕç. Çав кун мухтавлă прораба, Марфа Павловна Павлова юлташа, Шупашкар районĕнчи Икккасинче çуралса ӳснĕ чăваш хĕрне ятне, тивĕçлипе асăнĕç.

И. ГРИГОРЬЕВ.

# Республикăри шкулсенче

Сосновкăри вăтам шкул çуркунех çĕнĕ вĕренӳ çулне хатĕрленме тытăннă. Хăл каçа çунтармалăх вутă илнĕ. Ăна татса купаласа хунă. Парттăсене, сĕтел-пуканесене, класри доскасене пурне те юсаса сăрланă. Шкула юсама 15 пин тенкĕ расходланă.

Физикăпа хими кабинечĕсене кирлĕ япаласемпе пуянлатнă, шкул библиотеки валли 1.500 тенкĕлĕх кĕнеке туяннă, вĕренмелли наглядлăй пособисем нумай илнĕ.

Кăçалхи вĕренӳ çулĕнче пĕрремĕш класс иккĕ пулмалла. Унта вĕренмелли ачасене шута илнĕ, вĕсен ашшĕ-амăшĕсемпе калаçнă.

Кăçал шкул ачисене кăнтăрла вĕри апат çитерессĕ.

Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче политехникăлла вĕрентӳ çителĕксĕр пулнă. Кăçалхи вĕренӳ çулĕнче политехникăлла пĕлӳ парас ĕç лайăхланать.

Шкула электростанци коллективĕ шефа илнĕ. Шефсем пулăшаççĕ. Кăçал вĕсем хăйсен вăйĕпе электротехника кабинечĕ тата слесарьнăй мастерской туса пачĕç. Кусемсĕр пуçне машиноведени вĕрентеççĕ. Машиноведенипе вĕрентме Сосновкăри хăма заводĕ хăйĕн производствинче усă курма юрăхсăр пĕр трактор тата икĕ грузовой автомашина парать. Ачасене автомашинăпа çӳреме вĕрентеççĕ.

Кăçал шкула çĕр уйăрса панă. Ачасем вăйĕпе 120 центнер тислĕк кăларнă, сухаланă, халĕ тĕрлĕ культурăсем çитĕнтереççĕ. Участокра ачасем тăрăшса ĕçлеççĕ.

Çак шкулта çамрăк рабочисен каçхи вăтам шкулĕ ĕçлет. Кăçал унта вĕренме кăмăл тăвакансем нумай.

Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче Атăл леш енчи торф предприятинчи комсомолецсемпе çамрăксем ыйтнипе çакăнти 7 çул вĕренмелли шкулта 4-мĕш №-лĕ каçхи шкулăн филиалне уçнă.

Предприятинчи çамрăксем ăна уçни çинчен пĕлсен 7—8-мĕш классенче вĕренме 40 ытла заявлени панă. Анчах та вĕренӳ çулĕ вĕçленнĕ май вĕсен йышĕ пĕрмай чакса пынă. Юлашки вăхăтра вара вĕсем çӳрри те юлман.

Çамрăк рабочисен каçхи вăтам шкулĕн директорĕ Г. Пичужкин юлташ торф предприятинчи партипе комсомол тата профсоюз организацийĕсенчен çак çитменлĕхсене пĕтерме нумай хут пулăшу ыйтнă, анчах та, вĕсем вырăнтан та хускалман.

Н. АЛЕКСЕЕВ.

* * *

ВĂРМАР. Çĕнĕ вĕренӳ çулне хатĕрленмелли план тунă чухне эпир иртнĕ çулхи опыта асра тытрăмăр. Пĕлтĕр шкул дирекцийĕ ял Совечĕпе тачă çыхăнса ĕçленĕ. 1955—1956 вĕренӳ çулĕнче пур ачасене те вĕрентес тĕлĕшпе нумай ĕçсем туса ирттернĕ. Тăлăх ачасене 2,3 центнер тырă панă. Кунсăр пуçне 38 метр пусма тавар, 5 фуфайка, 182 тенкĕлĕх учебниксемпе вĕренмелли хатĕрсем илсе панă. Çакăн пек пулăшнипе пур ачасем те шкула йĕркеллĕ çӳрерĕç. Пĕлтĕрхи вĕренӳ çулĕнчи опыта шута илсе, çитес вĕренӳ çулĕнче те ачасене пулăшу пама палăртнă.

500 тенкĕлĕх наглядлăй пособисем илнĕ. Ачасем валли 1.000 тетрадь ытла илсе хатĕрленĕ. Парттăсене пурне те тӳрлетсе сăрласа тухнă, класс доскисене линолеумран тунă.

Саман кирпĕчрен мастерской тунă.

Г. НИКИФОРОВ.
Шкул директорĕ.

Фельетон

# Иван вырăнне Петĕр

Пулать вĕт иккех: Сергей Емельяновичăн чипер пурăннă çĕртех, кăнтăр кунĕнчех ывăлĕ çухалнă. Валерий урамра тăста çухалса каймалла пĕчĕк ача мар. 16 çултан иртнĕскер, кăçал 10-мĕш класа вĕренме каяканскер, вăл Шупашкара лайăх пĕлет. Унăн паспорт та пур. Апла пулин те Валерий эрне ытла киле пырса та курăнман, ашшĕпе амăшĕ ăна çĕрĕн-кунĕн шыранă: ывăл çук та çук, шыва путса çухалнă тейĕн.

Сергей Емельянович арăмĕпе пĕрле отпуск вăхăтне ирттерме Кăнтăра тухса каяс умĕн ывăлне хытарсах хăварнă: «Эпир кьягпăр, эсĕ асаннӳпе юлатăн, ăна итле, вăт сыпна пулăш». Акă халĕ отпускран таврăнсан мĕн курнă-ха вăл: карчăк пĕччен кăна, ывăл çук, тăста кайса çухалнă вăл. Сергей Емельянович кӳршĕсем патне çитет, вĕсем пĕлмеççĕ, ывăлĕн юлташĕсенчен ыйтать, вĕсем те ăна курман. Ывăлĕшĕн пăшăрханакан ашшĕ аптраса хăйĕн ывăлĕ çухални çинчен милицине те пĕлтерет, милици работникĕсенчен Валерие шырама ыйтать. Валерий Чусовские милици те тупаймасть.

Хуйха ӳкнĕ Сергей Емельянович хăлхине ăнсăртран тăстан хыпар çитет: Валерие Сутĕç министерстви пĕр-пĕр ăмăртăва ямам-ши. Чăн та, вăл янăх спортсмен мар, ахаль чухне шкулти спорт площадкинчен тухма та пĕлмест. С. Е. Чусовский Чăваш АССР Сутĕç министерствине çитет. «Ку вăхăтра шкул ачисен нимĕçле ăмăртăвне те ирттерместпĕр»,— теççĕ министерство работникĕсем.—Халĕ Ижевскра ача çурчĕсен воспитанникĕсен ăмăртăвĕсем пыраççĕ. Унта кайнисен спискĕ пур пирĕн. Сирĕн ывăл ача çуртĕнче пурăнмасть, вăл спискра пулас çук».

Юлашкинчен ача ашшĕ Çĕрпӳве, ачасем çурине пырать, мĕншĕн тесен, министерствăра калнă тăрăх, ăмăртусене çак çуртри ачасем кайнă. Анчах кăлăхах: унта та Валерий çинчен никам та пĕлмест.

С. Е. Чусовский юлташăн хуйхи-суйхи пали куниченех пулатчĕ-и тен: юрать пĕр-ик кун каярах Валерий сыв-сывах киле çитсе кĕнĕ. Ăçта пурăннă вăл?—тĕлĕннĕ ашшĕпе амăшĕ.

Чăн та Валерие тупма çăмăл пулман. Çак пĕтĕм вăхăт хушшинче Валерий Валерий те мар, урăх ятлă, ашшĕ-амăшĕ пур çинчех тăлăх ача, тăван çемьепе пĕрле пурăнаканскер ача çурчĕн воспитанникĕ пулнă. Çапла ăна Валерий ятпа милици те, ашшĕ-амăшĕ те шыраса тупма пултараймăн.

Юрать, ашшĕ-амăшĕ телейне, вĕсен ывăлĕн ятне ăмбрлĕххех улăштарман, вăл киле хăйĕн ячĕпех таврăннă. Хна хĕрсе шыранă вăхăтра вăл Çĕрпӳри ача çурчĕн командинче Ижевск хулинче хĕрсех баскетболла выляннă.

— Молодец, Вова,—тенĕ ăна ача çурчĕн завучĕ Петр Евграфович Евграфов юлташ, Валерий корзинăна мечка тĕл лектернĕ чухне.

Сутĕç министерствин физвоспитани енĕпе ĕçлекен инспекторĕ Арнольд Степанович Забияко юлташ та, Ижевска çитнĕскер, Чусовские мухтанă, анчах вăл та ăна урăх ятпа, ăмăртакансен спискине кĕртнĕ ятпа—«Вова» е «Петя» тесе чĕннĕ.

Ăмăртусен результачĕсемпе Евграфовпа Забияко кăмăллă пулнă. Чăваш республикинчи ача çурчĕсен воспитанникĕсем пĕтĕмĕшпе илсен тăваттăмĕш вырăна тухнă. Çамрăк спортсменсен руководителĕсем Ижевскран хĕпĕртесех таврăннă: чаплă хыпара министерствăна пĕлтерме васканипе спорт хатĕрĕсем тултарнă чемодана та вагонах манса хăварнă.

— Ашшĕ-амăшĕсене пĕлтермесĕр ачасене тăста аякка илсе кайни лайăх мар вĕт,—тетĕр эпир Евграфовпа Забияко юлташсене.

— Валерий хăй ыйтрĕ те... Пĕлекенсем ун чухнех каларĕç: Чусовские илсе кайсан мĕн те пулсан пулать, терĕç. Итлемерĕм. Хамах айăплă, итлемеллеччĕ çав çынсене,—тет Евграфов юлташ.

— Эсир пĕр Валерие çеç мар илсе кайнă. Ача çурчĕн воспитанникĕсем ячĕпе Шупашкарти шкулсенче вĕренекен Мая Лавровапа Рида Беляевăна та илсе кайнă.

Нимĕн те чĕнмеççĕ. Вĕсемшĕн документ ответлет: Мая та, Рида та нихçан та ача çурчĕн воспитанникĕсем пулман, анчах министр заместителĕн Иванов юлташăн сĕтелĕ çинче выртакан спискра Мая 1947 çултанпа, Рида 1952 çултанпа ача çурчĕн воспитанникĕсем шутланаççĕ.

— Тен татах та пур ун пеккисем?

— Эсир хăварах лайăх пĕлетĕр, каламасăрах... Анчах тархаслăн хаçатра ан çырăр. Пĕтĕм Союзĕпех намăса тухатпăр,—тет Евграфов юлташ.

— Эпир çеç мар вĕт. Ытти хуласенчен те воспитанниксем вырăнне шкул ачисене илсе пынă,—тӳрре тухма тăрăшать Забияко юлташ.

Сутĕç министерствинче Çĕрпӳри ача çурчĕн воспитанникĕсем Ижевскра ирттернĕ ăмăртура тунă çитĕнӳсемпе мухтанса та илеççĕ. тăваттăмĕш вырăн пирĕн алăра теççĕ. Вырăнĕ чăнах та лайăх ĕнтĕ. Вĕсем воспитанниксем вырăнне паллăрах спортсменсене илсе кайнă пулсан пĕрремĕш вырăнах тухатчĕç пулĕ.

Ача ашшĕ-амăшĕсем, асăрханăр: Сутĕç министерствин работникĕсем пулас спорт ăмăртăвĕсене сире пĕлтермесĕр, сирĕн ывăл-хĕрĕрсене, Иван вырăнне Петĕр, Аня вырăнне Маня ят парса, илсе кайма пултарĕç. Вĕсен мухтава тухас шухăш-кăмăлĕ сире Сергей Емельянович курнă хуйхăсуйхă патне илсе пыма пултарĕ.

П. КРЫСИН.

# Кирпĕч витесем

ВĂРНАР. «Победа» колхозра халиччен кирпĕчрен тунă çурт-йĕрсем пулман. Колхоз экономики çултан-çул вăйланса пырать, халĕ вăл миллионер колхозсен ретне тăчĕ. Çавна май артель членĕсем Кольцовкăри Ленин ячĕпе тата Вăрманкасри Хрущев ячĕпе тăракан колхозсен примерĕпе хăюллăнах выльăх витисене кирпĕчрен тăвас задача лартрĕç.

Халĕ колхозра 90 ĕне валли çаврака вите тăваççĕ. Кунта И. Корнилов ертсе пыракан каменщиксен бригади ĕçлет, вите стенисене купаласа çитереççĕ ĕнтĕ. Вите варрине кирпĕчрен 300 тоннă силос вырнаçмалăх башня туса лартнă.

Витепе силос башнине тума колхоз 100 пин кирпĕч туянтнă. Строительство валли малалла кирпĕч сутăн илес мар тесе, вырăнтах кирпĕч тума тытăннă. Бригада 20 пин кирпĕч çапса пачĕ.

Е. ВОЛКОВ.

# Китай халăхĕ ялхуçалăхне кооперацилес ĕçре тунă аслă çĕнтерӳ

Китай Халăх Республики социализмла революци хăватлăн çĕкленсе пынă тапхăра пурăнса ирттерет. Пĕтĕм çĕршывра пуçланнă социализмла улшăнусенче ялхуçалăхне кооперацилени пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Китайри Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе 1949 çулта Китай халăхĕ реакцилле гоминдан ушкăнĕпе ют çĕршыв империалисчĕсене хăйĕн çĕрĕ çинчен хăваласа янă тапхăрта çĕршыв ялхуçалăхĕ ытла та юхăнса çитнĕ пулнă. 1931—1936 çулсенчипе танлаштарсан, тырă туса илесси тăватă пайĕнчен виçĕ пайĕ чухлĕ, çĕр мамăкĕ туса илесси—çурри чухлĕ кăна пулнă, выльăх-чĕрлĕх йышĕ 16 процент, ялхуçалăх ĕçхатĕрĕсен хисепĕ 30 процент чакнă.

Çĕнĕ власть, халăх влаçĕ çĕр тĕлĕшпе пĕтĕм çĕршывра улшăнусем тунă. Помещиксен аллинче пулнă çĕре тата производство хатĕрĕсене çĕрсĕр тата сахал çĕрлĕ хресченсене валеçсе панă. Çакă вăл ĕçхресченĕсен пурнăçне лайăхлатнă, 1951—1952 çулсенче ялхуçалăх производствине вăрçăччен шая çитерме май панă. Анчах хресченсен пурнăçĕ çав-çавах йывăр пулнă. Ялти чухăнлăха пĕтерейmen. Çĕре çĕнĕ йĕркепе валеçнĕренпе 3—4 çул иртнĕ хыççăн та—1955 çул варринче—Китайри хресченсен 60—70 проценчĕ чухăнсемпе вăйсăр вăтам хресченсем пулнă. Çĕршывăн тĕрлĕ районĕсенче кулаксем ялти халăхăн 2—4 проценчĕ пулнă.

Китайра çĕр енĕпе иртернĕ улшăнусем феодалла эксплуатацие пĕтернĕ, анчах капитализмла эксплуатаци патне илсе пыракан çулсем çав-çавах юлнă. Кулаксем, спекулянтсем тата ростовщиксем, хресченсен йывăр условийĕсемпе усă курса, ĕççыннисене çĕнĕрен пусмăрлама тăрăшнă. Чухăнсемпе вăйсăр вăтам хресченсем пĕчченшерĕн ĕçленĕ чухне капитализмăн стихийăлла вăйĕсен наступленине хирĕç тăма пултарайман. Вĕсенчен хăшпĕрисен хăйсен хуçалăхне йĕркелес ĕçри йывăрлăхсене кура хăйсен çĕрĕсене сутнă, каллех парăма кĕнĕ.

Халăх телейĕшĕн кĕрешсе, Китайри Коммунистсен партийĕ, марксизм-ленинизм вĕрентĕвĕ тăрăх ĕçлесе, ĕçхресченĕсене социализмла улшăнусен çулĕпе, производствăлла кооперировани пулăшнипе ялхуçалăхне социализмла улăштарса йĕркелемелли çулпа илсе пынă.

Яла социализмла улăштарса çĕнетес политикăра Китайри Коммунистсен партийĕ чухăнсем тата вăтам хресченсен чухăнрах сийĕсем çине таянса ĕçлет. Малашне кулаксен класне татăклăнах пĕтерме парти вĕсене пӳлсе тăмалли политика тытса пырать. Çакна пула малтанхи тапхăрта кооперативсем тăвас ĕç массăллăн сарăлман, ĕçхресченĕсен кооперативĕсем тĕреклевсе çитеймен, кулаксене тата ытти эксплуататорла элементсене ялхуçалăх кооперативĕсене кĕртмен. Вĕсене 1956 çул пуçламăшĕнче кăна тĕпăен тĕрĕслесе, паллă условисем тăрăх, йышăнма пуçланă. Çак вăхăтра яла социализмла улăштарса çĕнетес ĕçре тĕпренех улшăну пулса иртнĕ, «кам кама» текен ыйтăва ялта пĕтĕмпех социализма майлă татса панă.

Рабочи класпа хресченсен çирĕп союзĕн политикине асра тытса, вак хресченсен класлă уйрăмлăхĕ пирки Ленин кăтартса панисем тăрăх ĕçлесе, Китайри Коммунистсен партийĕ ялхуçалăхне социализмла улăштарса çĕнетет.

Ялхуçалăхне улăштарса çĕнетни вăл — Китайри социализм строительствин уйрăлми пайĕ. Ялхуçалăхне кооперацилес ĕç çĕршыва индустриализацилеспе пĕр вăхăтра пулса пырать.

Ялхуçалăхне социализмла улăштарса çĕнетес ĕç хăвăртлăхĕ социализмла индустриализаци хăвăртлăхĕсемпе пĕр пек пулмалла, мĕншĕн тесен кооперациленĕ шултра ялхуçалăхĕ кăна промышленноçа кирлĕ чухлĕ чĕртавар, рабочисем валли çителĕклĕ апат-çимĕç парса тăма пултарать. Çакăнпа пĕр вăхăтрах кооперациленĕ шултра ялхуçалăхĕ промышленность продукцийĕ валли тивĕçлĕ рынок пулса тăрать. Яла кооперацилес ĕç хăвăртлăхĕсене кирлĕ виçере тытни, пĕр енчен илсен, çĕршыва индустриализацилеме кирлĕ средствăсен чылай пысăк пайне вăхăтра пухса хатĕрлеме май парать, тепĕр енчен, ялхуçалăхне техника енĕпе ăнăçлă реконструкцилеме условисем туса парать.

* * *

Яла социализмла улăштарса çĕнетес ĕç единоличник-хресченсен калама çук пысăк территорири 120 миллион хуçалăхне пырса тивнĕ. Çав условисене, çавăн пекех нумаях пулмасть-ха çĕр илнĕ Китай хресченĕ хăйĕн çĕрĕшĕн çирĕп тăннине асра тытса, Коммунистсен партийĕ яла социализм патне майĕпен илсе пырать.

Ку тĕлĕшпе тунă пĕрремĕш утăм çакă пулнă: парти хресченсене харпăр хăй ирĕкĕпе, пĕр-пĕрне усă кӳрсе ĕçлемешкĕн пĕр-пĕрне ĕçре пулăшмалли производствăлла ялхуçалăх ушкăнĕсене пĕрлешме чĕннĕ. Çак мĕнĕве хресченсем хапăл туса йышăннă.

Пĕр-пĕрне ĕçре пулăшасси Китайра 1950—1952 çулсенчех, çĕр енĕпе улшăнусем тунă, халăх хуçалăхне юсанă тапхăрта, анлă сарăлнă. 1953 çулта çĕршыври хресченсен 48 миллиона яхăн хуçалăхĕ пĕр-пĕрне пулăшмалли ушкăнсенче тăнă. Çакă вăл хресчен хуçалăхĕсен 43 проценчĕ пулнă.

Анлă сарăлнă çак юхăм çине таянса, хресчен массисем социализм патне туртăннине шута илсе, Китайри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ хресченсене пĕр-пĕрне пулăшмалли ушкăнсен никĕсĕ çинче çурма социализмла производствăллă ялхуçалăх кооперативĕсене пĕрлешме чĕннĕ. Ун пек кооперативсен уйрăмлăхĕ çакăнта пулать: çĕр кооператива кĕнĕ хресченсен уйрăм харпăрлăхĕ пулса тăрать, ăна пай йĕркипе пĕрлештереççĕ, хуçалăха коллективпа тытса пыраççĕ. Хресченсем — çак çĕр хуçисем — кашнинех хăйсен çĕрĕн пайне кура тупăш илеççĕ. Тупăш пысăкăшне нумай чухне малтанах, кооператив членĕсем пурте килĕшнипе, палăртса хураççĕ. Кооперативра усă курма паракан ялхуçалăх ĕç хатĕрĕсен хуçисене те малтанах палăртса хунă йĕркепе тӳлеççĕ.

1953 çулхи кĕркунне производствăллă кооперативсем тăвас ĕç анлăрах та анлăрах сарăлма пуçланă: халĕ ĕнтĕ кооперативсене уйрăм активистсем кăна мар, чухăнсен массисем, вĕсем хыççăн вара вăтам хресченсен чухăнрах сийĕсем кĕме пуçланă.

1955 çулхи октябрь уйăхĕнче Китайри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн улттăмĕш пленумĕ пулса иртнĕ. Вăл яла кооперацилемелли çул çинчи пысăк утăм пулса тăнă. Промышленноçпа ялхуçалăхĕ уйрăлми тачă çыхăнса тăнине палăртса, пленум çапла кăтартса панă: социализмла промышленность хăвăрт аталанса пырать, ялхуçалăх продукцийĕ туса илесси вара хăвăрхăнрах ӳссе пырать, вĕсем хушшинчи диспропорцие пĕтерни кирлĕ, çакна ăна яла малалла кооперацилессипе çеç тума пулать.

Центральнăй Комитет пленумĕ йышăннă решенин сăвчĕшĕ «кооперативсен хисепне татăклăнах чакармалла» текен сыхтăм сулăнчăкла çул-йĕре хирĕç пынă. Пленум кăтартса панă тăрăх, сылтăм сулăнчăкла йăнăшсем вĕсем çакна ăнланманнинчен килнĕ: революции социализмла тапхăрĕнче хресченсен ыйтăвĕн содержанийĕ вăл кооперацилессен çинчен тăракан ыйту пулать, халĕ кооперациленипе кăна ĕнтĕ халăхăн демократилле диктатурин никĕсне—рабочисемпе хресченсен союзне çирĕплетме пулать.

Китайри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн улттăмĕш пленумĕ йышăннă решенисем никĕсĕ çинче парти организацийĕсем яла производство енĕпе кооперацилессине ертсе пырас ĕçе тĕпренех лайăхлатнă. Çавна пула кооперацилес ĕç часах пĕтĕм çĕршыва сарăлнă. 1955 çул вĕçĕ тĕлне производствăллă ялхуçалăх кооперативĕсем 1 миллион та 900 пине çитнĕ, вĕсем 70 миллион хресчен хуçалăхне пĕрлештернĕ.

1956 çулта социализмла революци ытларах та ытларах вăйланса пынă. Хăйсен хуçалăхĕсене çурма социализмла кооперативсене пĕрлештернĕ хыççăн хресченсем кооперации çӳлти пусăмне куçнă, 100-шер—200-шер хуçалăхран тăракан пысăк, социализмла кооперативсем туса хунă. Ку кооперативсенче çĕре, ялхуçалăх ĕç хатĕрĕсене пĕтĕмпех пĕрлештернĕ, тупăшсене вара кооператив членĕсем хушшинче вĕсен ĕçĕн пахалăхне, мĕн чухлĕ ĕçленине кура валеççĕ.

1956 çулăн малтанхи çур çулĕнче социализмла кооператив ялхуçалăхĕнче пуç пулса тăнă. Кăçалхи май уйăхĕн вĕçĕ тĕлне 74 миллион та 720 пин хресчен килĕ, урăхла каласан Китайри мĕнпур хресченсен 62 проценчĕ, производство хатĕрĕсем, çав шутра çĕр те уйрăм харпăрлăх пулса тăмалли йĕркене пăрахăçланă, социализмла кооперативсене кĕнĕ. Çак вăхăт тĕлне мĕнпур йышши кооперативсенче 110 миллион та 130 пин хресчен хуçалăхĕ ытла тăнă. Ку вăл Китайри мĕнпур хресчен килĕсен 91,2 проценчĕ пулать.

Çапла ĕнтĕ, Китайра ялхуçалăхне производство енĕпе кооперацилес ĕçе, тĕпрен илсен, пурнăçласа çитернĕ.

Ку вăл—Китай халăхĕн историнче аслă çĕнтерӳ. Вăл ял пурнăçĕнче, пĕтĕм çĕршыв пурнăçĕнче çĕнĕ страница уçать. Халĕ ĕнтĕ рабочи класпа хресченсен союзĕ хулара та, ялта та пĕрлехлĕ экономика никĕсĕ çине—производство хатĕрĕсен социализмла харпăрлăхĕ çине таянса тăрать. Çакна пула халăх демократи государстви ытларах тĕрекленет. Ялта кооперативлă строй тĕреклененĕçемĕн чухăнсемпе вăтам хресченсен союзĕ кунтан кун ытларах та ытларах çирĕпленет.

Рабочисемпе хресченсен союзĕ çирĕпленни, ĕçхресченĕсем тачă пĕтĕçни кулаксем тата помещик пулнă çынсем татах та ытларах пĕр-пĕччен тăрса юласси патне илсе пырать. Çакă вăл вĕсене мирлĕ майпа çĕнĕлле воспитани пама, капитализмла элементсене татăклăнах пĕтерме условисем туса парать.

* * *

Ялти çĕршер миллион ĕççыннисем социализм çулĕ çине тăнă тапхăрта çĕршыв умне çĕнĕ ял строительствин анлă программине кăларса тăратмалла пулнă.

«Çĕршыври ялхуçалăхне 1956—1967 çулсенче аталантармалли планăн пĕтĕмĕшле положенийĕсем» çавăн пек программа пулса тăнă. Ăна Китайри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюровĕ туса хатĕрленĕ, 1956 çулхи январьте ичетлесе кăларнă. Çак калама çук пысăк планра ялхуçалăх производствине хăвăрт вăйлатма, ĕçхресченĕсен пурнăçне тĕпренех лайăхлатма, ял культурине ӳстерме палăртнă. План тăрăх 1967 çул тĕлне тырă туса илессине икĕ хут ытла ӳстерме палăртнă.

Планра кăларса тăратнă задачăсем наукăпа промышленность вăйĕсене мобилизацилеме хушаççĕ. Çакна май тракторсем, комбайнсем тата ытти ялхуçалăх машинисем, çавăн пекех искусственнăй удобренисем туса кăларас ĕç хăвăртлăхĕсене ӳстерессн çинчен ыйту лартнă. Ялхуçалăхне вăйлатас задачăна пурнăçлама ăста организаторсем, техника работникĕсем, агрономсем нумай кирлĕ.

Анчах та ялта çĕнĕ пурнăç тума чи кирли вăл—хресченсем хăйсем тăрăшса ĕçлени, вĕсем кооперативлă социализмла строй усса паракан вĕçĕ-хĕррисĕр анлă майсемпе пĕлсе усă курни пулать.

(Юлашки 4-мĕш страницăра).

# ССР Союзĕнчи халăхсен спартакиади

Августăн 14-мĕшĕнче Мускав патĕнчи шоссе çулĕ çинче ССР Союзĕнчи халăхсен спартакиадине хутшăннă велосипедистсен ăмăртăвĕ пулса иртнĕ.

Малтан хĕрарăмсем ăмăртнă. Велосипедсемпе 50 километр чупса Россия Федерацийĕн сборнăй командинчи спортсменкăсем çĕнтернĕ. Совет Союзĕпе спартакиада чемпионки ятне РСФСР сборнăй командин представительници Т. Новикова илнĕ.

Хĕрарăмсен командисем хушшинче Россия Федерацийĕнчи спортсменкăсем мала тухнă. Иккĕмĕш вырăнта—Ленинград велосипедисткисем, виççĕмĕш вырăнта—Латви команди.

Арçынсен ушкăнĕ 200 километр чупса ăмăртнă. Вĕсем хушшинче Мускав велосипедисчĕ, спорт мастерĕ Ю. Коледов çĕнтернĕ. Вăл СССР чемпионĕпе спартакиада чемпионĕ ятне илнĕ. Иккĕмĕш вырăна Россия Федерацийĕн представителĕ Б. Бебенин йышăннă. Вăл Коледовран пурĕ те 1 секунд кăна кая юлнă. Виççĕмĕш вырăнта—Украина спортсменĕ Н. Колумбет.

Командăсем енĕпе илсен, арçынсен ушкăнĕнче Мускав спортсменĕсем çĕнтернĕ.

ССР Союзĕнчи халăхсен спартакиадине хутшăннă велосипедистсен ăмăртăвĕ вĕçленнĕ. Арçынсен мĕнпур ăмăртăвĕсенче те, çавăн пекех хĕрарăмсен ăмăртăвĕсенче те Мускав спортсменĕсем çĕнтернĕ. Вĕсем пурĕ 113 очко пухнă. Иккĕмĕш вырăнта—Россия Федерацийĕн сборнăй коллективĕ—110 очко, виççĕмĕш вырăнта—Украина представителĕсем—100,5 очко, тăваттăмĕш вырăнта—Ленинград спортсменĕсем—97 очко, пиллĕкмĕш вырăнта—Белоруссия представителĕсем—76,5 очко, улттăмĕш вырăнта—Эстони коллективĕ—46,5 очко.

Тĕл перекенсен юлашки ăмăртăвĕ вĕçленнĕ. Вĕсем пĕчĕк калибрлă пистолетран силуэтсене тĕллесе пенĕ. Спортăн тава тивĕçлĕ мастерĕ Ф. Пузырь (Украина) тата спорт мастерĕ Е. Черкасов (Мускав) иккĕшĕ те пĕр пек результатсем кăтартнă: 600 очко илме май пулнă çĕртен 591-шер очко пухнă. Çак результат пирĕн çĕршывăн иртнĕ çулхи чемпионĕ Мускав спортсменĕ В. Насонов тунă çитĕнӳрен 2 очко маларах. Результатсем пĕр пек пулнă пирки Пузырьпе Черкасов иккĕшĕ ăмăртса пенĕ. Е. Черкасов пĕрремĕш вырăн йышăннă, Ф. Пузырь—иккĕмĕш вырăнта. Виççĕмĕш вырăна В. Гамалов (РСФСР сборнăй команди) йышăннă. Унăн 590 очко.

Пĕчĕк калибрлă пистолетран тĕл перекенсем хушшинче Украина спортсменĕсем мала тухнă. Вĕсен команди 2.918 очко пухнă. Пĕтĕм Союзри çĕнĕ рекорд тунă çак команда составĕнче—спортăн тава тивĕçлĕ мастерĕсем Н. Калиниченкăпа Ф. Пузырь, спорт мастерĕсем Н. Карабут, В. Онищенко тата В. Ербиненко.

Унтан хăвăрт чупакансем 400 метрлă дистанцире ăмăртнă. Вĕсем хушшинче Ленинград спортсменĕ Ардалион Игнатьев çăмăллăнах çĕнтернĕ. Иккĕмĕш вырăн йышăннă К. Грачевран вăл 10 метра яхăн малта чупса пынă. Çак ăмăртура малтанхи виçĕ вырăна Ленинград спортсменĕсем тухнă. Игнатьев вăхăчĕ—46,5 секунд.

Ардалион Игнатьев спартакиадăра иккĕмĕш ылтăн медаль илнĕ ĕнтĕ. Пĕрремĕш медале вăл 400 метрлă дистанцие пурнинчен те хăвăртрах чупса тухнăшăн панă.

Унтан хĕрарăмсем барьерлă çул тăрăх 80 метр ăмăртса чупнă. Ăмăртура Ленинград спортсменки Нина Виноградова çĕнтернĕ. Çак хушша вăл 10,7 секундра чупса тухнă. Ку вăл—Совет Союзĕн çĕнĕ рекорчĕ, çăмăл атлетикăн пĕтĕм историйĕнче тĕнчере иккĕмĕш вырăнта тăракан результат. Совет Союзĕн халиччехи рекордне 0,1 секунд чухлĕ лайăхлатнă.

Иккĕмĕш вырăна Мускав спортсменки М. Голубничная йышăннă. Унăн вăхăчĕ 10,8 секунд. Р. Быстрова (РСФСР сборнăй команди) результачĕ те çавăн пекех.

Барьерлă çул тăрăх 3.000 метр чупса ăмăртакансем хушшинче халĕ тĕнче чемпионĕ ятне Польша спортсменĕ Е. Хромик тытса тăрать. Çак хушша вăл 8 минут та 40,2 секундра чупса тухнă. Августăн 14-мĕшĕнче С. Ржищин (Мускав) ку рекордран та иртнĕ. Вăл 3.000 метрлă дистанцие 8 минут та 39,8 секундра чупса тухнă. Иккĕмĕш вырăна Кадяйкин (Казах ССР-ĕ) йышăннă, виççĕмĕш вырăна—Власенко (РСФСР сборнăй команди).

Спартакиадăра пĕрремĕш вырăн йышăнассишĕн шывра хăвăрт ишекенсем хушшинче пуçланнă ăмăрту та вĕçленнĕ. Августăн 14-мĕшĕнче В. И. Ленин ячĕпе тăракан Центральнăй стадион бассейнĕнче чи ăста спортсменсем Совет Союзĕн рекорчĕсене лайăхлатма пĕтĕм вăйпа тăрăшнă.

Акă 100 метрлă дистанцире брасс стильпе ăмăртса ишеççĕ. Çак хушша Ленинград спортсменĕ В. Минашкин 1 минут та 10 секундра ишсе тухать. Çакă вăл—Совет Союзĕн çĕнĕ рекорчĕ. Халиччехи рекорда çур секунд чухлĕ лайăхлатнă.

Унтан арçынсем 100 метрлă дистанцире баттерфляй стильпе ишнĕ. Каллех çĕнĕ рекорд! Мускав спортсменĕ В. Стружанов çак хушша 1 минут та 4,1 секундра ишсе тухнă. Вăл хăйĕн халиччехи рекордне çур секунд лайăхлатнă. 100 метрлă дистанцире месерле ишнĕ хĕрарăмсем те çĕнĕ çитĕнӳ тунă. Кунта Ленинград спортсменки Е. Москвина мала тухнă. Унăн результачĕ—1 минут та 15,3 секунд.

Курма пынă çынсем эстафетăпа ишекенсен ăмăртăвне те питĕ интересленсе пăхнă.

Акă 4×100 метрлă дистанцире Совет Союзĕн сборнăй команди Г. Кувалдин (Ленинград), В. Минашкин (Ленинград), В. Стружанов (Мускав), Л. Баландин (Мускав) ишеççĕ. Судьясен коллегийĕ çапла пĕлтерет:

— Комбинированнăй эстафетăра Совет Союзĕн сборнăй команди тĕнчери çĕнĕ рекорд турĕ. Совет спортсменĕсен вăхăчĕ—4 минут та 14,8 секунд.

Ку таранччен комбинированнăй эстафета енĕпе тĕнче рекорчĕ Япони спортсменĕсен аллинче пулнă. Вĕсен вăхăчĕ—4 минут та 15,7 секунд.

Хĕрарăмсен комбинированнăй эстафетинче Совет Союзĕн татах тепĕр рекордне палăртнă. 4×100 метрлă дистанцире Л. Клипова, К. Копорова, З. Плишкина, У. Воог спортсменкăсем эстафетăна 4 минут та 59,4 секундра вĕçленĕ.

Çапла ĕнтĕ, ССР Союзĕнчи халăхсен спартакиадинче шывра ишес енĕпе пулса иртнĕ ăмăртусенче Совет Союзĕн çĕнĕ 6 рекордне тунă. Вĕсенчен пĕри тĕнче рекорчĕ̆ччен те малта тăрать.

Теннис енĕпе малтанхи чемпионсем палăрнă. Хутăш вăйăсен финалĕнче Мускав спортсменкисем Л. Преображенскаяпа С. Андреев, Е. Чувыринпа Н. Озеров ăмăртса выляннă. Ăмăртура Андреевпа Преображенская çĕнтернĕ.

Августăн 14-мĕшĕнче каçхине баскетболистсен финалти ăмăртăвĕ пулнă. Латвипе Казахстан командисем выляннă. Латви команди 60:46 шутпа çĕнтернĕ. (ТАСС).

## СОВЕТ СОЮЗĔ АТОМ ЭНЕРГИЙĔПЕ МИРЛĔ ĔÇСЕНЧЕ УСĂ КУРНИНЕ КĂТАРТАКАН ВЫСТАВКА ХУПАННĂ

ПЕКИН, августăн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Пекин хулинче Совет Союзĕ атом энергийĕпе мирлĕ ĕçсенче усă курнине кăтартакан наукăпа техника выставки хупăннă.

ТАСС корреспонденчĕпе калаçнă чухне выставка директорĕ М. М. Голиков çапла пĕлтернĕ: икĕ уйăх хушшинче, июнĕн 15-мĕшĕнчен пуçласа августăн 15-мĕшне çитиччен, çак выставкăна промышленность предприятийĕсенчи рабочисемпе служащисем, наукăпа тĕпчев институчĕсен сотрудникĕсем, хресченсем, студентсем, халăх ирĕклĕх çарĕн воинĕсем 200 пин çынна яхăн пырса курнă. Пекин çыннисемпе пĕрлех унта Шанхайра, Мукденра, Кантонра, Нанкинра тата Китайри ытти хуласенче пурăнакансем те çитсе курнă.

Совет Союзĕн выставки халăх кăмăлне кайнине экскурсантсем выставкăри кĕнеке çине çырса хăварнă сăмахсем уççăн кăтартса параççĕ. «Çак выставка,—тесе çырса хăварнă экскурсантсенчен пĕри,—пире питĕ пысăк усă кӳчĕ, нумай вĕрентрĕ».

Нумай экскурсантсем çакна палăртнă: Совет Союзĕ атом энергийĕпе мирлĕ ĕçсенче усă курнине кăтартакан наукăпа техника выставки Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăха татах та ытларах çирĕплетме пулăшрĕ.

## НАЦИ ФРОНЧĔН ПĔТĔМ ПОЛЬША КОМИТЕЧĔН ПЛЕНУМĔ

ВАРШАВА, августăн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Варшавăра Пĕтĕм Польшăри Наци фрончĕ комитечĕн пленумĕ пулса иртнĕ. Пленумра пулнисем Наци фрончĕн ĕçĕпе задачисем çинчен Польша Халăх Республикин Государство совечĕн председателĕ Александр Завадский тунă доклада сӳтсе явнă.

Комитет Польша халăхне халăх хуçалăхне малалла аталантармалли, халăх пурнăçне лайăхлатмалли программăна пурнăçласси̇шĕн пыракан кĕрешӳри пĕрлĕхе çирĕплетме чĕннĕ. Çак программăна Польшăри Рабочисен пĕрлешнĕ партин Центральнăй Комитечĕн VII пленумĕ палăртнă.

Пленум Пĕтĕм Польшăри Наци фрончĕ комитечĕн председателĕ пулма А. Завадскине суйланă, çавăн пекех комитет президиумĕпе секретариачĕн составне çĕнĕ çынсем кĕртнĕ.

## КИТАЙРИ ЮХАНШЫВСЕМ ТУЛСА САРĂЛНĂ

ПЕКИН, августăн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Китай хаçачĕсем çапла пĕлтереççĕ: ытла та вăйлă çумăр çунине пула Хайлунцзян провинцийĕнчи юханшывсем нихçанхинчен те ытларах тулса сарăлнă. Çак провинцири Хайлунцзян (Амур), Сунгари, Муданьцзян, Лалинхэ, Нуньцзян шывĕсем питĕ нумай тухнă. Çапла, сăмахран, Сунгари шывĕн шайĕ дамбăсем хысĕнчи çĕр шайĕнчен виçĕ метр ытла çӳлерех хăпарнă. Халĕ провинцире 400 пин çын ытла кунĕн-çĕрĕн ĕçлет. Вĕсем дамбăсене вăйлатаççĕ, çĕнĕ дамбăсем тăваççĕ. Хэйлунцзян провинцийĕнчи халăха кӳршĕллĕ Ляонинпа Гирин провинцийĕсем нумай пулăшаççĕ.

## ЧЕХОСЛОВАКИРЕ ТУНĂ ПĔРРЕМĔШ ТРАНСПОРТ САМОЛЕЧĔ

ПРАГА, августăн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Прагăри авиаци заводĕнче тунă пассажирски самолета сăнаса тĕрĕслеме вĕçтерсе пăхнă. Ку вăл—çак çĕршывра тунă пĕрремĕш транспорт самолечĕ. Самолет 18 пассажир лартса çӳрет. Ун çине чи çĕнĕ конструкциллĕ икĕ мотор, кучухнехи навигаци оборудованийĕ вырнаçтарса лартнă. Çĕнĕ самолета Совет Союзĕн «ИЛ-14» маркăллă самолечĕн чертежĕсем тăрăх тунă.

## ИНДИ НИКАМА ПĂХĂНМАН ÇĔРШЫВ ПУЛСА ТĂНАРАНПА 9 ÇУЛ ТУЛТАРНĂ ЯТПА

ДЕЛИ, августăн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Инди хăй никама пăхăнмасăр пурăнма пуçланăранпа 9 çул тултарнине паллă тăвать. Наци праçникĕ ячĕпе Инди президенчĕ Раджендра Прасад Инди халăхне саламласа чĕнсе каланă.

Паян Дели хулинче йăлана кĕнĕ йĕркепе хула цитаделĕнче—Хĕрлĕ Фортра государство ялавне хăпартнă. Çак вăхăтра унта 100 пин çын ытла пулнă. Хисеплĕ хуралăн, Инди хĕçпăшаллă вăйĕсен подразделенийĕсен парачĕ хыççăн премьер-министр Неру Инди государство ялавне хăпартнă, пухăннă халăх умĕнче сăмах тухса каланă. Çак вăхăтра тупăсенчен пĕр харăс персе салют панă, оркестр государство гимнне каланă.

Юлашкинчен шкул ачисен пин çынтăн тăракан хорĕ государство гимнне юрласа панă.

Никама пăхăнманлăх кунĕ ячĕпе Мадрасра, Калькуттăра, Бомбейра тата ытти хуласенче те савăнăçлă пухусем пулса иртнĕ.

## ĔÇÇЫННИСЕН ЗАБАСТОВКИСЕМ

☆ Франци Сомалийĕн администраци центрĕнче Джибути хулинче иккĕмĕш эрне ĕнтĕ забастовка пырать. Забастовка тăвакансем ĕç укçине ӳстерме ыйтаççĕ.

☆ Темиçе рабочие ĕçрен кăларса янине хирĕç протестласа, Аден портĕнчи (Кăнтăр Аравии) рабочисем забастовка пуçланă. Вĕсем çумне гаражсенче тата ытти чылай предприятисенче ĕçлекен рабочисем те хутшăннă.

Августăн 13-мĕшĕнче рабочисем демонстраци тухнă. Демонстрантсемпе полици хушшинче тытăçу пулса иртнĕ, полицейскисем пăшалсемпе пенĕ. (ТАСС).

Египет правительстви Суэц каналне национализацилеме йышăннă решение Египет халăхĕ пысăк хавхаланупа кĕтсе илчĕ.
Ӳкерчĕк çинче: Каир çыннисем Г. А. Насер президента саламлаççĕ.
Юнайтед пресс фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## „Египет правительствин ĕçĕсене 1,5 миллиард çын ытла ырланă“

КАИР, августăн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйту пирки тата Египета Лондонри конференцие хутшăнма чĕннĕ пирки Египет правительстви тунă заявление мире юрататакан мĕнпур халăхсем ырласа кĕтсе илчĕç.

Хаçатсем Египет ĕçĕсене ырлани çинчен тĕнчери нумай çĕршывсенчен илнĕ хыпарсене пичетлесе кăлараççĕ.

«Аль-Гумхурия» хаçат çапла çырать: «Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйту тĕлĕшпе Египет тăвакан ĕçсене ырлани çинчен тĕнчери тĕрлĕ çĕршывсенчи 1,5 миллиард çын ытла пĕлтерчĕç».

«Каирта конференци пухасси çинчен калакан сĕнĕве мĕншĕн ырламăр эпир» ятлă умстатьяра «Аль-Кахира» хаçат çапла çырать: «Лондонри конференцие хутшăнма 22 государство килĕшрĕç, Египет вара 45 государство конференцине пухма сĕнет. Гамаль Абдель Насер президент пухма сĕннĕ конференци Лондонри конференцирен анлăрах пулассине, вăл тĕнчери халăхсен шухăшне туллинрех палăртассине çак цифрăсен лăйăхах кăтартса параççĕ».

## Египет агентстви пĕлтерни

КАИР, августăн 15-мĕшĕ. (ТАСС). МЕН агентстви çапла пĕлтерет: августăн 16-мĕшĕнче кăнтăр тĕлĕнче (Гринвич вăхăчĕпе ирхине 10 сехетре), Лондонри конференци уçăлнă самантра, Египетра пур çĕрте те мĕнпур ĕçсене 5 минутлăха чарса лартаççĕ.

Агентство пĕлтернĕ тăрăх, çакă вăл «хĕвеланăçĕнчи государствăсем Суэц каналĕ тĕлĕшпе империализм пуçпулса тăмалли йĕрке йышăнтарма хăтланнине хирĕç Египет халăхĕ протестленине кăтартса парать».

## *Лондонри митинг*

ЛОНДОН, августăн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер каçхине Лондонра «Суэц кризисĕ çинчен тăракан ыйту тĕлĕшпе ĕçлекен специальнăй комитет» пухнă митинг пулса иртнĕ. (Çак комитетра парламент членĕнче тăракан темиçе лейборист тата ытти паллă общественна деятельсем ĕçлеççĕ).

Митингра пулнă çынсем йышăннă резолюцире Египет правительстви Суэц каналĕн компанине национализациленĕ май Египета «вăйпа хăратмалли» политика тытса пыма хăтланнине сивленĕ. Англи правительстви, тенĕ резолюцире «Пĕрлешнĕ Нацисен Организацине, унăн Уставне нимĕн вырăнне те хумасть. Франципе пĕрле вăл Суэц каналне ют çĕршывсем тытса тата контроллесе тăмалли йĕрке йышăнтарасшăн. Çак ĕçре вăл çар енĕпе те, экономика енĕпе те вăйпа юнаса хăратма тăрăшать». Резолюци правительствăна çавнашкал политикăна пăрахçлама, Лондонри конференцире тавлашуллă ыйтусене пăхса тухмашкăн Пĕрлешнĕ Нацисен Организацине парасси çинчен сĕнӳ тăратма чĕнет.

Митинг хыççăн унăн участникĕсем çав резолюцие пама премьер-министр ĕçлекен çурт патне пынă. Хăй ĕçлекен резиденци патне автомашинăпа пыракан премьер-министра Идена тĕл пулса, демонстрантсем Англи правительствин Суэц каналĕ тĕлĕшĕнчи политикине сивлекен сăмахсем каласа протестленĕ. Рейтер агентстви пĕлтернĕ тăрăх, халăх ушкăнĕ хушшинче: «Эпир миршĕн тăратпăр!» тесе кăшкăрса калалнă сăмахсем илтĕннĕ.

## ПАКИСТАН ЮТ ÇĔРШЫВ ĔÇĔСЕН МИНИСТРĔ КАЛАНИ

КАИР, августăн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Гамаль Абдель Насер президентпа калаçнă хыççăн Пакистан ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Чаудхури хаçатсен представителĕсене çапла каланă: «Суэц каналне Египетăн суверен̆нăй прависемпе килĕшӳллĕн национализациленĕ. Суэц каналĕ пирки пирек мĕнле килĕшĕве те Египетпа калаçса татăлса тумалла, Египет суверенитетне хисеплемелле. Египета вăйпа ирĕксĕрлесе нимĕнле решени те йышăнтарма çук. Египетăн суверен̆нăй прависене пырса тĕкĕнмелле мар».

## МАХМУД ФАВЗИ ДИПЛОМАТИЛЛЕ ПРЕДСТАВИТЕЛЬСТВĂСЕН ПУÇЛĂХĔСЕМПЕ КАЛАÇНИ

КАИР, августăн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Египет ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Махмуд Фавзи Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйту пирки Лондонра иртерекен конференцие хутшăнма чĕннĕ государствăсен Каирти дипломатилле представительствисен пуçлăхĕсене йышăннă. Хаçатсем çапла пĕлтереççĕ: ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ калаçу вăхăтĕнче Насер президентăн сĕнĕвĕ çинчен, Египет мĕнле позици йышăнни çинчен ăнлантарса панă.

## НУРИ САИД КАЛАНИ

ДАМАСК, августăн 15-мĕшĕ. (ТАСС). «Барада» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Сири посолĕпе калаçнă чухне Ирак премьер-министрĕ Нури Саид араб çĕршывĕсен лигин политика комитечĕн решенине ырланă. Çав решенире Суэц каналĕн компанине национализациленĕ Египета пур майсемпе те пулăшасси çинчен каланă.

## ИРАН МИНИСТРĔ КАЛАНИ

БЕЙРУТ, августăн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Иран ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Ардалан Суэц ыйтăвĕ пирки Лондонра пухăнакан конференцие кайма тухнă. Çула май вăл Бейрутра чарăннă. Хаçатсен представителĕсене Ардалан çапла каланă: Суэц каналне национализацилени çинчен тăракан ыйту енĕпе Иран Египет интересĕсене хӳтĕлет.

## ВЬЕТНАМ ХАЛĂХĔ ЕГИПЕТ ĔÇĔСЕНЕ ЫРЛАТЬ

ХАНОЙ, августăн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Вьетнам информаци агентстви пĕлтернĕ тăрăх, «Нян Зан» хаçат çапла çырать: Насер президент Суэц каналĕ пирки анлăрах конференци пухма сĕнни вăл Египет правительствипе халăхĕ мĕнпур çĕршывсемпе килĕштерсе ĕçлесе пурăнма тăрăшнине кăтартса парать. Насер президент тунă заявление, тенĕ хаçатра, Вьетнам халăхĕ пĕтĕмпех ырлать, Египет правительствипе халăхĕ хăйсен суверен̆нăй прависене хӳтĕлес тĕлĕшпе тăвакан ĕçсене хĕрӳллĕн саламлать.

## ЮТ ÇĔРШЫВ КОМПАНИЙĔСЕМ ЛИВАН ЗАКОННЕ ПĂХĂНАСШĂН МАР

БЕЙРУТ, августăн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Нумаях пулмасть Ливанра ют çĕршыв компанийĕсенчен налогсем илесси çинчен закон йышăннă. Çакна май ĕнер, «Жур» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Англин «Ирак петролеум компанийĕ» Ливан правительстине çыру янă. Компани ку закона хирĕç протестлет. «Хамăрăн интересене хӳтĕлеме» эпир мĕнпур «законлă» майсемпе усă курăпăр, тенĕ çырура. Америкăн «Трансарбиан пайплайн компанийĕ» илес пулсан, вăл çавăн пек требовани лартнă: компани тупăшĕсем çинчен данăйсем тăратма Ливан правительстви кăтартса панă срока тăсмалла, вĕсене тепĕр 15 кунтан тăратмалла тăвас пулать, тенĕ.

# Китай халăхĕ ялхуçалăхне кооперацилес ĕçре тунă аслă çĕнтерӳ

(Юлашки. Пуçламăшĕ 3-мĕш страницăра).

Кооперативсем тăвас, производствăна йĕркелес ĕçре пысăк çитменлĕхсемпе йăнăшсем те пулнă. Сăмахран, кооперативсем тунă чухне чылай вырăнсенче вак выльăхсене, чăх-чĕпе, çавăн пекех общество̆шăн пысăк пĕлтерĕшлĕ мар садсене пĕрлештернĕ; обществăлла харпăрлăха панă ĕç хатĕрĕсемпе ĕç выльăхĕшĕн вĕсен хакĕнчен сахалтарах тӳленĕ, çакă вăл кооператива кĕрекен вăтам хресченсене пурăх енĕпе сиен кӳнĕ, кооперативсене тĕреклĕ тума чăрмантарнă. Нумай вырăнсенче хресченсем хăйсен тĕревленсе çитеймен коллективлă хуçалăхĕнчен производствăпа тӳрех сыхăнман ĕçсем валли ытлашши нумай укçа уйăрса панă. Хăйсен пурнăçне пĕр тăхтасса тăмасăрах лайăхлатма тăрăшса, çавăн пек кооперативсен членĕсем хăйсен хуçалăхĕн экономикине вăйсăрлатнă. Производствăна организацилес, малта пыракан опытпа усă курас ĕçре те çитменлĕхсем пулнă. Çакна пула хăшпĕр кооперативсенче тупăшсем, уйрăмах укçан илекен тупăш, чакас хăрушлăх тухса тăнă.

Нумаях пулмасть Китайри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Китай Халăх Республикин Государство совечĕ пĕрле панă директивăсене пичетлесе кăларнă. Директивăсенче ялхуçалăх кооперацийĕ чухне пулнă çитменлĕхсемпе йăнăшсене усса палăртнă, Китай хресченĕсемпе пĕтĕм халăха ялхуçалăхĕнчи çĕнĕ пысăк задачăсене пурнăçлама çул кăтартса панă. Ку задачăсем çаксем пулаççĕ: ялхуçалăх кооперативĕсене политикăпа экономика тĕлĕшĕнчен çирĕплетмелле, кооператив производствине, кооперативсен членĕсен тупăшне, ĕç тухăçлăхне пĕрмаях ӳстерсе, продукци хăйне ларакан хакне йӳнетсе пымалла, çĕрĕç агротехникине лайăхлатмалла, ялхуçалăхне майĕпен механизацилемелле.

Кăçалхи июнь уйăхĕнче Пĕтĕм Китайри халăх представителĕсен пухăвĕн 3-мĕш сессийĕ пулса иртнĕ, вăл ялхуçалăх ыйтăвĕсем çине питĕ тимлĕ пăхнă. Сесси социализмла ялхуçалăх кооперативĕн примерлă уставне йышăннă. Çак устав кооперативлă строя тĕревлетес ĕçре пысăк вырăн йышăнмалла. Социализмла кооперативсем мĕн чухлĕ тĕревлĕрех пулаççĕ, единоличниксен хуçалăхĕсене кооперацилесе çитерес, çурма социализмлă кооперативсене социализмла кооперативсем туса хурас ĕç çавăн чухлĕ хăвăртрах та ăнăçлăрах пулĕ.

Нумай кооперативсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур пулсан та, кооперативлă строй халех ĕнтĕ производствăна чылай ӳстерме май панă. Иртнĕ вăхăтра вак хуçалăх вăй çитереймен, единоличниксем ĕмĕтленме те хăяйман ĕçсене халĕ ĕнтĕ пурнăçлама пулать. Çапла, сăмахран, тулли мар сведенисем тăрăх, уй-хире шăвармалли системăсем тăвас, халиччен шăварса тăнă çĕр лаптăкне лайăхлатас ĕç юлашки çул хушшинче 100 миллион му çинче пуçланнă. (1 му—1/15 гектар). Ку вăл пилĕк çуллăх плапра 1957 çул валли палăртнă заданирен нумай пысăкрах. Кăçал Китайра вырăнти удобренисем иртнĕ çулхинчен икĕ хут нумайрах, вырăн-вырăнпа вара 3—4 хут нумайрах хатĕрленĕ. Чи кирлĕ культурăсем акса тăвакан çĕр лаптăкĕ чылай ӳснĕ. Кăçал çулла пухса кĕртнĕ тырпул тухăçĕ иртнĕ çулхинчен сахалтан та 10 процент пысăкрах.

Китай хресченĕсем, рабочи класпа союзлă пулса, вăл ертсе пынипе шанчăклăн малалла пыраççĕ.

Г. СУХАРЧУК.

# СССР экономикăпа культура строительствинче тунă çитĕнӳсен выставки

СССР экономикăпа культура строительствинче тунă çитĕнӳсен Пекинра, Шанхайра, Кантонра тата Уханьре пулнă выставкине пурĕ 11.250.000 çын пырса курнă. Выставка вăхăтĕнче Совет Союзĕнчи малта пыракан опыта тата техникăна вĕренессе вăйланнă. Техника тĕлĕшпе 3.068 калаçу тата доклад пулнă. Вĕсене 250.000 ытла çын итленĕ. Совет специалисчĕсем Китай çĕршывĕн инженерĕсене тата техникĕсене хăйсен ăсталăхпа теори пĕлĕвĕсене пама тăрăшнă. Китай специалисчĕсем выставкăра 3.816 çын пулнă.

Выставка Пекинра пулнă чухне Совет правительстви Китая выставкăри 83 машинăна парса парнеленĕ. Выставка Уханьре пулнă хыççăн, Совет правительстви Китайăн тĕрлĕ организацийĕсене 700 ытла экспонат панă. Вĕсен хушшинче тĕрлĕрен илемлĕ япаласем, картинăсем, кĕнекесем, нотăсем, пластинкăсем, маркăсем, хитре альбомсем, кимĕ моделĕсем т. ыт. те.

СССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Ĕç резервĕсен Тĕп управленийĕ хăйĕн павильонĕнчи япаласене пурне те Китай Халăх Республикин Ĕçлев министерстине памалла тунă.

(Пекинра тухса тăракан «Дружба» хаçатран).

# Малта пыракан комбайнер

Николай Спиридонович Спиридонов комбайнер Вăрмар МТС-ĕнче 15-мĕш çул ĕçлет. Иртнĕ çул вăл районти комбайнерсем хушшинче тырпул нумайрах пухса кĕртессишĕн пыракан ăмăртура малти вырăна тухрĕ. Комбайнер юлашки икĕ çул хушшинче 1.300 гектар çинчи тырпула пухса кĕртнĕ.

Кăçал Н. Спиридонов юлташ «Труд» колхозра тырă вырать. Вăл «С-6» комбайнпа августăн 16-мĕшĕ тĕлне 66 гектар çинчи тырпула подборщикпа пухса 272 гектар çинчи тырпула вырса çапнă.

— Кăçал çанталăк начартарах тăрать, апла пулин те эпĕ 500 гектар çинчи тырпула пухса кĕртме сăмах патăм,—тет хастарлă комбайнер.—Пурнăçлатăпах хамăн сăмаха. Çак ĕçре мана уяр çанталăкăн кашни сехечĕпе туллин усă курни тата комбайна юсавлă тытни нумай пулăшать.

Л. ВЛАДИМИРОВ.

# Медицина работникĕсем уйра

МУРКАШ. Янăшри медицина пункчĕнчи работниксем колхоз ĕçченĕсене пĕрремĕш медицина пулăшăвĕ парассине вăхăтра тата лайăх туса пыраççĕ. Колхоз правленийĕ кашни бригада валли аптечкăсем илсе панă, инкек пулнă çынсене илсе çӳреме транспорт уйăрнă.

Медицина работникĕсемпе санитари активисчĕсем уй-хир бригадисенче лекцисемпе калаçусем иртереççĕ, хаçат-журналсем вуласа параççĕ. Кĕске вăхăт хушшинчех 10 лекци, 28 калаçу иртернĕ, 95 колхозника пĕрремĕш медицина пулăшăвĕ панă. Колхозниксене пĕрремĕш пулăшу парас тĕлĕшпе акушерка Р. Анисимова, санитари постчĕн членĕ К. Григорьева лайăх ĕçлеççĕ.

М. КОСАРЕВ.

## *Çĕнĕ пекарня*

ВĂРНАР. Район центрĕнче кăçалччен лайăх пекарня пулман. Çăкăра кунта темиçе пĕчĕк пекарньăра пĕçернĕ. Вĕсенче тасалăх та, çăкăрăн пахалăхĕ те çителĕклĕ пулман.

Пайщиксен сĕнĕвне пурнăçласа, капо поселокра çĕнĕ пекарня туса лартрĕ, вăл çак кунсенче ĕçе кĕчĕ. Пекарня çуртне кирпĕчрен тунă, унта çĕр кăмрăкĕпе хутакан икĕ пысăк кămака туса лартнă. Пекарня талăкра 10 тонна çăкăр пĕçерсе кăларма пултарать.

Пекарньăна водопровод тăрăх шыв илсе пымалла тунă. Çăнăх алас, кăвас çăрас тата ытти ĕçсене механизацилеççĕ.

Е. ВОЛКОВ.

# Паянхи ял сăн-сăпачĕ

Тăвай районĕнчи пирĕн Тăрмăш пек пысăк ял çукпа пĕрех. Çак 500 килле ял сăн-сăпачĕ питĕ нумай улшăнчĕ.

Ĕлĕк ялта кулаксем, йӳштансем, хуçалансем пурăннă. Тимĕр витнĕ çурт ялĕпе те пиллĕк кăна пулнă. Паллах, çак çуртсенче ĕç хресченĕсем мар, хаярмыр кулаксем пурăннă.

Халĕ пирĕн ялта 300 çын кĕмелĕх клуб пур. Унта час-часах кино кăтартаççĕ, докладсем итлеме е концертсем курма пухăнатпăр. Çичĕ çул вĕренмелли шкул хамăр ялтах. Кашни урамрах тимĕр витнĕ çуртсем курма пулать.

Тăрмăшра 200 велосипед, 186 çĕвĕ машини, 3 мотоцикл, 3 грузовик, 1 «Победа», пăспа ĕçлекен арман пур. Колхозниксем пысăк та илемлĕ пӳртсем лартаççĕ.

В. РУЗАВИН.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

## КИНО



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—3-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăçĕ пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—13-37, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00594 Типографи № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2419. Тираж 29.600 экз.